ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 20 ЫТЛАРИКУН № 13 (8922)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## ВЫРĂНТИ СОВЕТСЕНЕ СУЙЛАМА ХАЛĂХ ХĂЙĔН ШАНЧĂКЛĂ ЫВĂЛ-ХĔРĔСЕНЕ КАНДИДАТА ТĂРАТАТЬ

Ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсем—чи массăллă организацисем. Вырăнти Советсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин решенийĕсемпе кăтартăвĕсене, суйлавçăсен наказĕсене практикăллă ĕçсенче пурнăçласа пыраççĕ. Вырăнти Советсем хăйсен ĕçне лайăх организацилениичен, кашни депутат пĕтĕм вăя хурса ĕçлениичен, Советсен ĕçне актив нумайрах хутшăнниичен умра тăракан хуçалăхлă-политикăллă задачăсене ăнăçлă татса парасси, экономикăна культурăна аталантарас ĕçре çĕнĕ те çĕнĕ çитĕнÿсем туса пырасси килет. Çакна асра тытаççĕ ĕнтĕ совет гражданĕсем вырăнти Советсен суйлавне ирттернĕ вăхăтра.

Совет халăхĕ государство влаçĕн органĕсене суйлама яланах активлă хутшăнать.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсем, Сталин юлташăн съездра каланă сăмахĕ тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ хăвхалантарнипе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешекен ĕççыннисем вырăнти Советсен суйлавне активлă хутшăнаççĕ. Пирĕн республикăри суйлав комиссийĕсенче темиçе пин çын ĕçлет.

Халĕ суйлав кампанийĕн хĕрÿ тапхăрĕ пуçланчĕ. Предприятисемпе колхозсенче ĕççыннисен суйлав умĕнхи пухăвĕсем политикăллă пысăк çĕкленÿпе пулса иртеççĕ. Пухусенче ĕççыннисем, пĕр шухăш кăмăллă пулса, вырăнти Советсене депутата суйлама кандидатсем тăратаççĕ. Пухусенче ĕççыннисем пирĕн юратнă Тăван çĕршыв малалла чечекленсе пыни, коммунизм тăвас ĕçре пысăк та пысăк çитĕнÿсем туса пыни çинчен каласа, çав çĕнтерÿсемшĕн Коммунистсен партине, аслă Сталина тав тăваççĕ.

Ĕççыннисем вырăнти Советсене депутата суйлама кандидатсем тăратнă чухне аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ суйлавçăсене пĕрремĕше каланă сăмаха—депутатсем хăйсен задачисем çÿлĕшĕнче тăмалла, вĕсем хăйсен ĕçĕнче политикăллă обывательсем пек пулса каймалла мар, вĕсем Ленин сăнарлă политикăллă деятельсем пулмалла, тенине асра çирĕп тытаççĕ. Ĕççыннисем вырăнти Советсене депутата суйлама кандидатсем тăратнă чухне И. В. Сталин юлташа чĕрере тытаççĕ, халăхăн чи лайăх представителĕсене, шанчăклă ывăл-хĕрĕсене, государствăпа общество интересĕсене мала хуракан, коммунизм строительствин сталинла программине пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлекен, социализмлă Тăван çĕршыва, Ленин—Сталин партине чунтан-чĕререн парăннă çынсене кандидата тăратаççĕ.

Вырăнти Советсене депутата суйлама кандидатсем тăратнă чухне пирĕн ĕççыннисем хăйсен мораллĕ-политикăллă пĕрлĕхне, Ленин—Сталин партийĕ тавра таччăн пĕтĕçсе тăнине кăтартса параççĕ.

Республикăри предприятисен коллективĕсемпе ялхуçалăхĕнчи ĕçченсем хăйсен пухăвĕсенче район тата хула Совечĕсене депутата суйлама производствăра малта пыракансене — стахановла ĕçлекенсене, новаторсене, колхоз бригадирĕсемпе председателĕсене, МТС-сен малта пыракан работникĕсене, предприятисен руководителĕсене, наука, лутература, искусство работникĕсене, партипе совет, профсоюзпа комсомол органĕсене ертсе пыракансене кандидата тăратаççĕ. Вăрмар районĕнчи ĕççынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче эпир Социализмлă Ĕç Геройне В. Григорьева юлташа, Çĕрпÿ район Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче малта пыракан трактор бригадин бригадирне Т. Степанов юлташа, Шупашкар хула Советне депутата суйлама тăратнă çынсем хушшинче ялхуçалăх институтĕнче вĕрентекен экономикăллă наукăсен кандидатне П. Лебедев юлташа тата ытти паллă çынсене куратпăр.

Çак кунсенчех обществăллă организацисемпе ĕççыннисен обществисем ял, поселок Совечĕсене суйлама кандидатсем тăратма тытăнаççĕ.

Советсене суйлама совет патриочĕсене кандидата тăратни суйлава нихçанхинчен организованнăрах ирттерме май парать. Суйлавçăсем февралĕн 22-мĕшĕнче, аслă уяв чухнехи пек хавасланса, тулли кăмăлпа, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пурте пĕр çын пек пулса, пĕр шухăш ĕмĕтпе сасăлĕç.

Суйлавçăсене ĕççыннисем пĕр шухăш кăмăллă пулса кандидата тăратма йышăннă çынсен обществăллă-политикăллă тата производствăллă ĕçĕсемпе тĕплĕн паллаштарасси—парти организацийĕсен, агитаторсен, доверенăйсен пысăк ĕçĕ пулса тăрать. Кашни суйлавçă унăн кампа сасăламаллине лайăх пĕлсе тăтăр. Ĕççыннисем доверенăйсене ответлă ĕç шанса параççĕ. Вĕсем суйлавçăсене кандидатсем çинчен ĕнентерÿллĕн, тĕплĕн каласа памалла. Парти организацийĕсен, агитколлективсен доверенăйсене хăйсен пархатарлă ĕçне пурнăçлама пулăшас пулать. Кашни суйлавçă пĕтĕм чунтан-чĕререн çакна туйса тăтăр: вăл, коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕшĕн сасăласа, коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн, социализмлă Тăван çĕршыв хăватне ÿстерессишĕн, пĕтĕм тĕнчипех мирлĕ пурнăç тăвассишĕн сасăлать.

Кашни агитпунктра, вулав çуртĕнче тата клубра кандидатсемшĕн агитацилес ĕçе тăрăшса йĕркелесе пырас пулать. Кандидатсем çинчен районти хаçатсем, стена хаçачĕсем çинче анлă çутатмалла. Вĕсен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен радио тăрăх каласа памалла.

Партипе совет, профсоюзпа комсомол организацийĕсем ĕççыннисен суйлав умĕнхи пухăвĕсене лайăх йĕркелесе ирттерес ĕç çине тимлĕ пăхма тивĕçлĕ. Пухусем иртерни ĕççыннисен политикăллă тата производствăри активлăхне ÿстерме, вĕсен патриотла шухăш-кăмăлĕсене хавхалантарма, халăхăн моралĕ-политикăллă пĕрлĕхне тата ытларах çирĕплетме пулăштăр.

Вырăнти Советсен исполкомĕсен суйлавçăсем пухусенче панă сĕнÿсемпе наказсене пурне те шута илес пулать. Паха сĕнÿсене пĕр тăхтаса тăмасăрах исполкомсен ларăвĕсенче пăхса тухса, вĕсене пурнăçа кĕртес ĕçе организацилени усăллă пулĕ, ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума май парĕ.

Пирĕн çĕршыври суйлав йĕрки—тĕнчери чи демократиллĕ йĕрке. «Пирĕн суйлавсем пĕтĕм тĕнчери пĕртен-пĕр чăннипех ирĕклĕ, чăннипех демократиллĕ суйлавсем пулса тăраççĕ», тенĕ Сталин юлташ. Çакăн пек суйлав йĕркине пирĕн çĕршывра социализм халăхăн кулленхи пурнăç йĕркине кĕнĕ никĕс çинче туса хума пултарнă. Совет çыннисене Сталинла Конституци суйлава хутшăнма тулли правăсем панă. Çав правăсемпе усă курса, пирĕн ĕççыннисем Советсене депутата суйлама хăйсен чи шанчăклă представителĕсене уйăраççĕ. Çав правăсемпе усă курса, пирĕн суйлавçăсем вырăнти Советсен суйлавĕнче те хăйсем пĕр шухăш-кăмăллă пулнине палăртĕç. Суйлав политикăллă пысăк çĕкленÿпе иртĕ, пирĕн халăх пĕрлĕхлĕ пулнине, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра, аслă Сталин тавра тачă пĕтĕçсе тăнине çĕнĕрен кăтартса парĕ.

## Наукăпа изобретательство енĕпе Сталинла премисем парас тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра

Январĕн 17-мĕшĕнче СССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи наукăпа изобретательство енĕпе Сталинла премисем парас тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетăн пленумĕ пулнă. Комитет пленумне А. Н. Несмеянов академик председатель пулса ертсе пынă.

Пленум Комитетăн ученăй секретарĕ В. П. Елютин профессор 1952 çулшăн Сталинла премие илме тăратнă ĕçсем çинчен каласа панине итленĕ тата Комитет çав ĕçсене пăхса тухас тĕлĕшпе ĕçлемелли плана çирĕплетнĕ.

Наука учрежденийĕсем, аслă шкулсем, министерствăсем, ведомствăсем тата обществăллă организацисем наука ыйтăвĕсем тăрăх çырнă нумай произведенисем, учебниксем, изобретенисем тата производствăри ĕç меслечĕсене тĕпрен лайăхлатни çинчен çырнă ĕçсене нумай тăратнă.

Комитета тăратнă ĕçсене малтанлăха пăхса тухса вĕренме 14 секци организациленĕ, секцисене наукăн тĕрлĕ отраслĕсенчи паллă специалистсем кĕнĕ.

Секцисем ĕçлеме тытăнаççĕ. (ТАСС).

## Армени столицинчи строительство

ЕРЕВАН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Армени столицинче обществăллă пысăк сооруженисем, пурăнмалли пысăк суртсем, çĕнĕ парксемпе скверсем нумай тунă. Икĕ çул хушшинче вунşар пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çурт-йĕр туса пĕтернĕ. Урамсене, проспектсемпе площадьсене 250 пин тăваткал метра яхăн асфальт сарнă. Электричество линийĕн тăршшĕ 20 километр, троллейбуссем çÿрекен линийĕн тăршшĕ — 1,5 хут ÿснĕ.

1953 çулта хулара строительство ĕçĕсем татах та вăйланаççĕ. Кунта Ереванри Молотов ячĕпе тăракан государство университечĕн çĕнĕ суртне тума тытăнаççĕ. Налбандян урамĕнче пурăнмалли пысăк суртсем туса лартаççĕ. Çĕнĕ шкулсем, техникумсем, музейсем тăваççĕ.

## Вырăнти Советсене суйлама кандидатсем тăратни

☆ ☆ ☆

### Пысăк çĕкленÿпе

ИШЛЕЙ, январĕн 17-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пухăвĕ пысăк активлăхпа иртрĕ. Пухура МТС трактор бригадин бригадирĕ Н. Белов, парторганизаци секретарĕ А. Соловьев юлташсем тата ыттисем те сăмах тухса каларĕç. Вĕсем ĕççыннисен депутачĕсен Ишлей район Советне депутата суйлама колхоз председательне Гурий Александрович Херсонов юлташа кандидата тăратма сĕнчĕç. Херсонов юлташ—Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ. Вăл ялхуçалăх артелĕн председателĕ пулса ĕçлеме тытăннăранпа колхоз организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен вăйланса пырать. Иртнĕ çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç лайăхланнă, сысна вити, пăру хупмалли вите туса лартнă. Херсонов юлташ ялта культурăллă-массăллă ĕçе лайăхлатма тăрăшать.

МТС-ри рабочисемпе служащисен коллективĕ, район Советне депутата суйлама кандидат тăратасси çинчен сÿтсе явса, райсовет исполкомĕн председательне П. Н. Николаев юлташа кандидата тăратма йышăнчĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пухăвĕнче чи малтан колхозри шофер А. Сорокин юлташ сăмах илчĕ.

— Эпир хамăр колхоз председательне Семен Иванович Якимов юлташа иртнĕ суйлавра та район Совечĕн депутатне суйланăччĕ,—терĕ Сорокин юлташ.—Вăл колхозра питĕ тăрăшса ĕçлерĕ, пирĕн шанчăка тÿрре кăларчĕ. Иртнĕ çулта колхоз тырпул тухăçлăхне ÿстерчĕ, государство умĕнчи парăмсене срокчен парса татрĕ.

Унтан ялти пуçламăш шкул заведующийĕ Я. Никифоров юлташ çапла каларĕ:

— Эпĕ Сорокин юлташăн сĕнĕвĕпе килĕшетĕп. Якимов юлташ чăнах та государствăпа колхоз интересĕшĕн тимлĕ тăрăшать, вăя шеллемесĕр ĕçлет. Вăл район Советне депутата суйлама тивĕçлĕ çын.

Якимов юлташ кандидатурине ырласа ытти юлташсем те сăмах тухса каларĕç. Пуху, пĕр шухăшлă пулса, Якимов юлташа район Советне Мамка суйлав округĕ тăрăх суйлама кандидата тăратма йышăнчĕ. Колхозниксем хăйсен доверенăйĕ пулма уй-хир бригадирне Л. Волков юлташа суйларĕç.

Ишлей районĕнче ĕççынни депутачĕсен районти Советне суйлама 25 округ тунă. Ĕççыннисен пухăвĕсем пур суйлав округĕсем тăрăх та район Советне суйлама кандидатсем тăратрĕç. Пухусем пысăк çĕкленÿпе пулса иртрĕç. Пухусенче колхозниксем çуракине лайăх хатĕрленсе çитме сăмах пачĕç.

Ф. МАЛЫШКИН.
В. ЧЕРНОВ.

СОВЕТСКИ, январĕн 16-мĕшĕ. (Телефонпа). Ĕççыннисен пухăвĕсем район Советне депутата суйлама кандидатсем тăратаççĕ.

Володарский ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пухăвĕнче КПСС райкомĕн представителĕ Г. Яковлев юлташ вырăнти Советсен суйлавĕ çинчен доклад туса пачĕ. Унтан пухура С. Смирнов колхозник сăмах илчĕ.

Тушкасси суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама эпĕ А. М. Муравьева юлташа кандидата тăрататăп, терĕ вăл.

Унăн сĕнĕвне парторганизаци секретарĕ И. Дмитриев юлташ ырларĕ.

Колхозниксем, пурте пĕр кăмăллă пулса, Муравьева юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕç.

Çавăн пекех Тушкасси ял Советне депутата суйлама ял Совет секретарьне Мария Мироновăна, парторганизаци секретарьне И. Дмитриева, колхоз бригадирне Евдокия Майоровăна кандидата тăратрĕç.

Н. ПУШКИН.
(Хамăр корр.).

### Орденлă завод коллективĕн пухăвĕ

Январĕн 17-мĕшĕнче, кăнтăрлахи смена ĕçрен тухнă хыççăн, Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводăн йышлă коллективĕ уяври пек илемлетнĕ иккĕмĕш сборочнăй цеха пухăнчĕ. Рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен суйлав умĕнхи пухăвĕ политикăллă пысăк çĕкленÿпе пулса иртрĕ.

Пухăва профсоюзăн заводри комитечĕн председателĕ Н. Червяков юлташ уçрĕ.

Штамповăчнăй цех начальникĕ А. Кудряшов юлташ завод коллективĕнчен хулари 93-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама КПСС Чăваш обкомĕн секретарьне Тимофей Аркадьевич Ахазов юлташа кандидата тăратма сĕнет. Трибуна умĕнче заводăн снабжени пайĕн начальникĕн заместителĕ Т. Матвеев юлташ. Вăл хулари 93-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Т. А. Ахазов юлташ кандидатурине тăратма сĕннине хĕрÿллĕн ырлать.

Механически цех начальникĕн заместителĕ Н. Степанов юлташ хулари 118-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместительне Иван Васильевич Заикин юлташа кандидата тăратма сĕнет. Унăн сĕнĕвне заводри конструкторсен бюровĕн начальникĕ М. Кулыгин юлташ ырлать.

Трибуна умĕнче заводри чаплă стахановец Е. Мищенко юлташ.

— Эпĕ 88-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама завод директорне Алексей Иванович Якунин юлташа кандидата тăратма сĕнетĕп, — тет вăл. Стахановец сĕнĕвне крепежнăй цех начальникĕ П. Волвашенко юлташ хĕрÿллĕн ырлать.

Трибуна умне оратор хыççăн оратор тухать. Шупашкар хула Советне депутата суйлама заводра стахановла ĕçлесе хăйсене палăртнă шанчăклă çынсене кандидата тăратма сĕнеççĕ.

Браковщица Д. Сергеева юлташ 89-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама заводăн пĕрремĕш сборочнăй цехри парторганизаци секретарьне Клавдия Александровна Александрова юлташа кандидата тăратма сĕнчĕ. Сварочнăй цех мастерĕ А. Овечкин юлташ 90-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама заводри чаплă стахановец-металлург Андрей Васильевич Кузнецов юлташа кандидата тăратма сĕнчĕ.

— А. В. Кузнецов юлташ, — тет оратор, — заводра 1946 çултанпа ĕçлет. Вăл — чаплă стахановец, производство заданийĕсене тăтăшах ирттерсе пурнăçласа пырать, çамрăк кадрсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе хĕрÿллĕ ĕçлет. Кузнецов юлташа хула Совечĕн депутатне икĕ хутчен суйланă. Депутат обязанноçĕсене вăл яланах чыслăн пурнăçласа пычĕ.

Цехри аслă мастер М. Алексеев юлташ 91-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама заводăн пĕрремĕш сборочнăй цехĕнчи смена мастерне Анна Артемьевна Артемьева юлташа, виççĕмĕш сборочнăй цех аслă мастерĕ В. Крупенко юлташ 94-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама цехри чи лайăх ĕçлекен работницăна Валентина Митрофановна Митрофанова юлташа, цех мастерĕ Г. Любимов юлташ 95-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама иккĕмĕш сборочнăй цехри аслă мастера Николай Иванович Кириллов юлташа, штамповочнăй цех мастерĕ И. Грачкин юлташ 96-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама штамповочнăй цехăн аслă технологне Борис Иванович Хватов юлташа кандидата тăратма сĕнчĕç.

Пуху асăннă юлташсене пурне те кандидата тăратма йышăнчĕ.

Депутата суйлама тăратнă кандидатсемшĕн агитацилеме пуху доверенăйсем суйларĕ.

Н. ПЕТРОВА.

### Сĕтел-пукан тăвакансен кандидачĕсем

ÇĔМĔРЛЕ. Сĕтел-пукан комбинатĕнчи рабочисем январĕн 17-мĕшĕнче, смена улшăннă вăхăтра, 5-мĕш цехăн машина залне пухăнчĕç. Рабочисем пĕрин хыççăн теприн тухса каласа, хăйсен хушшинчи чи лайăх стахановецсен ячĕсене асăнаççĕ, депутата суйлама кандидата сĕнеççĕ.

— Эпĕ,—терĕ 1-мĕш цехри рабочи Бандин юлташ,—хулари 31-мĕш округ тăрăх район Советне депутата суйлама хамăр цехри чи лайăх станочницăна Елизавета Федоровна Исаева юлташа кандидата тăратма сĕнетĕп.

5-мĕш цехри мастер Патюлина юлташ хула Советне депутата суйлама цехри лакировщица Надежда Павловна Агашина юлташ кандидатурине сĕнет.

— Агашина юлташа пирĕн пĕтĕм комбинат коллективĕ пĕлет. Ун алли витĕр тухакан продукци яланах пĕрремĕш сорт пулать. Вăл район Совечĕн депутачĕ пулма тивĕçлĕ,—терĕ Патюлина юлташ.

Комбинат коллективĕ район Советне депутата суйлама завод директорне З. Хрипушин юлташа, 4-мĕш цех мастерне Т. Иванова юлташа, 1-мĕш цехри станочницăна Е. Исаева юлташа, КПСС райкомĕн секретарьне А. Речнов юлташа кандидата тăратрĕ. Çавăн пекех пуху хула Советне депутата суйлама комбинатри партбюро секретарьне А. Серов юлташа, 3-мĕш цехри бригадира Н. Михайлова юлташа, 2-мĕш цех мастерне П. Малеева юлташа, 5-мĕш цехри лакировщицăна Н. Агашина юлташа кандидата тăратрĕ.

Пуху кандидатсемшĕн агитацилеме доверенăйсем суйларĕ.

Е. АФАНАСЬЕВ.

### Çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн

ВĂРМАР, январĕн 17-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти предприятисемпе колхозсенче ĕççыннисен пухăвĕсем район Советне суйлама кандидатсем тăратаççĕ.

«Дружба» колхоз членĕсем район Совечĕн депутатне суйлама Чупай ял Совечĕн председательне, Социализмлă Ĕç Геройне Валентина Григорьевна Григорьева юлташа кандидата тăратрĕç. Григорьева юлташ — халăхăн шанчăклă хĕрĕ, комсомолка, вăйлă тырпул мастерĕ.

Колхозниксен пухăвĕ тата колхоз председательне Иван Григорьевич Григорьев юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратма йышăнчĕ.

Колхозниксем пухура, район Советне суйлама кандидатсем тăратнă хыççăн, суйлав кунĕ тĕлне çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитме, вăрман хатĕрлемелли плана тултарма обязательство илчĕç.

«Большевик» колхоз членĕсем фермăсен заведующийне Зоя Федоровна Спиридонова юлташа кандидата тăратрĕç. Лешкас Мăнçырма суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама парти райкомĕн секретарьне Варсонофий Алексеевич Алексеев юлташа кандидата тăратма йышăннă.

И. ВОЛКОВ.

### Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн çĕнĕ çĕнтерĕвĕшĕн

ÇĔРПУ. (Телефонпа). Предприятисемпе колхозсенче ĕççынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама кандидатсем тăратас ыйтупа пысăк йышлă пухусем пулса иртрĕç.

«Сталинцы» колхоз членĕсем государство влаçĕн районти органĕн депутачĕ пулма кама кандидата тăратасси çинчен хăйсен пĕрлехи пухăвĕнче пысăк тимлĕхпе сÿтсе яврĕç.

Уй-хир бригадин бригадирĕ Н. Павлов юлташ хăйсен колхозĕн уй-хирĕнче ĕçлекен трактор бригадин бригадирне Тимофей Степанович Степанов юлташа район Советне суйлама кандидата тăратма сĕнчĕ.

—Степанов юлташ,—терĕ вăл, — хăйĕн хастарлă ĕçĕпе халăх умĕнче мухтава тухрĕ. Государство панă хăватлă техникăпа кăтартуллă ĕçленĕшĕн Правительство ăна Ленин орденĕ парса наградăларĕ. Вăл — халăх шанăçне тÿрре кăлармз пултарать.

Колхозри агроном П. Иванов юлташ трактор бригадин бригадирĕ Степанов юлташ социализмлă çĕрĕç культурине хăпартассишĕн чунне парса ĕçлекен механизатор пулни çинчен каласа пачĕ. Унăн бригади колхозпа МТС тунă договора яланах срокчен, иртерсе тата пысăк пахалăхпа тултарать. 1952 çулта вăл «Сталинцы» колхозра тракторпа тумалли ĕçсен планне 135 процент пурнăçланă. Халĕ бригада колхоз валли тракторпа 118 тонна минераллă удобрени турттарса хунă тата уй-хире тислĕк кăларать.

Н. Платоновпа П. Федоров колхозниксем Степанов юлташ коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн тивĕçлĕ кандидачĕ пулнине палăртрĕç.

Пуху, пурте пĕр сасăллă пулса, район Советне депутата суйлама Степанов юлташа кандидата тăратма йышăнчĕ.

Хулари пир-авăр фабрикинче ĕçлекенсен пухăвĕ пысăк çĕкленÿпе иртрĕ. Ткачиха А. Спиридонова, главнăй инженер П. Иванов, смена мастерĕ Е. Овсянникова юлташсем сĕннипе, пуху, пĕр кăмăллă пулса, район Советне депутата суйлама фабрикăри паллă стахановкăна Мария Матвеевна Петровская мотальщицăна кандидата тăратрĕ. Петровская юлташ хулари паллă общественница, халĕ вăл хула Совечĕн депутачĕ пулса ĕçлет, яланхи благоустройство комиссийĕн ĕçне активлăн хутшăнать.

Ĕççыннисем хăйсен пухăвĕсенче февралĕн 22-мĕшĕнче суйлава пĕр çын пек пулса хутшăнма, коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн пĕр шухăш-кăмăллă пулса сасăлама сăмах параççĕ.



Украина ССР-ĕ. Береговски округри (Закарпатски область) Калинин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ пулса аслă шкултан вĕренсе тухнă агроном Г. А Тищенко ĕçлет Вăл ертсе пынипе колхоз тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша çултан-çул ÿстерсе пырать. Колхоз фермисенче ĕнесемпе сурăхсем тата сыснасем 2.200 пуç шутланаççĕ, чăх-чĕп тата хуркăвакал 3.000 пуç усраççĕ. Колхозра выльăхсем валли çулленех апат çителĕклĕ хатĕрлеççĕ.

Закарпатски облаçри издательство Тищенко юлташ çырнă кĕнекесене пичетлесе кăларнă. Вика акса тăвасси тата пысăк хуçалăха ертсе пырасси çинчен çырнă çав кĕнекесене колхозсенче интересленсе вĕренеççĕ. Халĕ Тищенко юлташ ялхуçалăх наукисен кандидачĕ ятлă ученăй степень илме диссертаци çырать.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Г. А. Тищенко.
Л. КОВГАН фотоÿкерчĕкĕ
(ТАСС фотохроники).

## Ленин кунĕсем умĕн

МУСКАВ. Аслă Ленина совет халăхĕ вĕçĕмсĕр юратса пурăнать.

В. И. Ленинăн Центральнăй музейĕнче çак кунсенче халăх питĕ нумай пулать. Музейри экспонатсем Владимир Ильич Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен, В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн аслă туслăхĕ çинчен каласа параççĕ.

Январĕн 18-мĕшĕнче музейра 10 пин çынна яхăн пулнă. Мускавра пурăнакансем, çавăн пекех аслă Тăван çĕршывăн тĕрлĕ вырăнĕсенчен столицăна килнĕ хăнасем кун каçипех музей çуртне вĕçĕмсĕр пырса тăнă. Пĕр кун хушшинче экскурсантсен 109 ушкăнĕ пынă. Музея пырса курнисен шутĕнче—Сталин ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнчи рабочисен темиçе ушкăнĕ, Мускав университечĕн çÿлĕ çуртне тăвакансен ушкăнĕ, тормозсем тăвакан заводри рабочисем, Мускаври судоверфь тата ытти предприятисенчи рабочисем пулнă.

Экскурсантсем музейри кĕнеке çине чунтан-чĕререн тухакан сăмахсем нумай çырса хăварнă. Автозаводри рабочисем Жуковпа Воробьев тата ытти юлташсем çапла çырнă:

— В. И. Ленин туса хунă социализмлă Тăван çĕршыв хăватне заводра стахановла ĕçленипе, обществăллă ĕçе активлă хутшăннипе тĕреклетсе пырар...

Мускаври Павелецки вокзал патĕнче, пĕчĕк сад варринче, гранитпа илемлетсе тунă çурт курăнса ларать. Ку вăл «Траурный поезд» ятлă павильон-музей. Ăна пилĕк çул каялла уçнă.

Хурçă рельссем çине вырнаçтарса лартнă «V. 127» пăравус трубинчен текех тĕтĕм тухмасть, хура тĕслĕ тата хĕрлĕ материпе карса хунă вагон ураписем те яланлăхах чарăннă. Çак поезд 29 çул каялла—1924 çулхи январĕн 23-мĕшĕнче юлашки рейс тунă. Вăл Горка патĕнчи Герасимовская платформинчен Владимир Ильич Ленин ÿтне хунă тупăка лартнă поезда Мускава илсе пынă...

Вагон алăкĕ уçă. Вагон варринче постамент курăнать. Çав постамент çине В. И. Ленин тупăкне лартса килнĕ пулнă. Вагонта чечек çыххисем пур.

Çак историллĕ пăравус çине вырнаçтарса лартнă прожектор хĕрлĕ пире çутатса тăрать. Пир çине И. В. Сталин юлташ Пĕтĕм Союзри Советсен иккĕмĕш съездĕнче парти ячĕпе тупа туса каланă сăмахсене çырса хунă. Аслă Ленин каласа хăварнисене пурнăçласа, унăн ĕçне малалла туса пыракан гениллĕ И. В. Сталин юлташ ертсе пынипе совет халăхĕ хамăр çĕршывра социализмлă общество туса çитерчĕ, халĕ коммунизмлă общество тăвать.

«Траурный поезд» павильонра январĕн 18-мĕшĕнче 2.000 çын ытла пулнă, павильон уçăлнăранпа 500 пин çын ытла пырса курнă.

Иртнĕ вырсарникун Ленин мавзолейне кĕрсе куракансем нумай пулнă. Пĕр кун хушшинче аслă Ленин тупăкĕ умĕнче рабочисемпе служащисем, колхозниксем, вĕренекенсем тата Совет Çарĕн воинĕсем темиçе пин çын пулнă. (ТАСС).

# Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине тимлĕрех пăхмалла

*Н. ШМАКОВ,*
*КПСС обком секретарĕ.*

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ, пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли чаплă программăна палăртса, ялхуçалăх ĕçченĕсем умне тĕп задача кăларса тăратрĕ: мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстермелле, çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕхĕн пĕтĕмĕш тата таварлă продукцине ÿстермелле. Çак никĕс çинче кĕске срокра халăх валли апат-çимĕç, çăмăл промышленность валли чĕртавар ытлăн-çитлĕн пулакан тумалла.

Çак задачăна ăнăçлăн татса пама çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕçĕн культурине пур майсемпе те хăпартса пынипе, колхозсен обществăллă хуçалăхне тĕреклетес тата ăна нумай отраслĕллĕ тата пысăк тупăшлă хуçалăх туса хурас ĕç çине партипе совет тата ялхуçалăх органĕсем, колхозсенчи ертсе пыракан мĕнпур работниксем, колхозниксемпе колхозницăсем куллен тимлĕн пăхни кирлĕ.

Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен ертсе пыракан работникĕсен, колхозсемпе парти организацийĕсен руководителĕсен обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатасси çине тимлĕн пăхмалла, мĕншĕн тесен ку отрасль колхоз производствин пуринчен ытларах юлса пыракан ĕçĕ пулса тăрать.

Партипе правительство обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли висĕ çуллăх план çинчен йышăннă постановление пурнăçласа, партипе совет организацийĕсем, ялхуçалăх органĕсем, колхозниксемпе колхозницăсем колхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне чылай ÿстерчĕç. Анчах та обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç пирĕн çаплах çĕршыври халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен тата партипе правительство ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсенчен чылай юлса пырать-ха.

Партин Центральнăй Комитечĕ пирĕн республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен работникĕсене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынипе килĕшсе тăма çукки çинчен темиçе хутчен те асăрхаттарнă, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кая юлса пынине пĕтерме конкретлă кăтартусем панă.

Анчах та партин Центральнăй Комитечĕ республикăра обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕçĕ хăйĕн йышĕ енĕпе те, выльăх-чĕрлĕх продукчĕ туса кăларас енĕпе те тĕп вырăн йышăнса тăмалла тăвас тĕлĕшпе кăларса тăратнă задачăна республикăри нумай районсенче питех те çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ.

Республикăри чылай районсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе уйрăм колхозсен руководителĕсем хаклаласăр тăнине хирĕç çаплах тивĕçлипе кĕрешни çук-ха. Республикăра çаплах обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тивĕçлипе аталантарман колхозсем нумай, вĕсенче выльăхсен йышĕ сахал, выльăхсен йышне ÿстерес тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Кун пек колхозсенче ама выльăхсем хĕсĕр нумай юлаççĕ, выльăхсем вилсе пĕтеççĕ, çавăн пекех выльăхсене, уйрăмах çамрăк выльăхсене вырăнсăр салатса пĕтереççĕ.

Çавăн пирки те ĕнтĕ республикăри нумай районсем чылай çулсем хушши обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне тултармаççĕ.

Обществăллă продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç уйрăмах Куславкка, Октябрьски, Шупашкар, Ишлей, Йĕпрес, Калинино, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи колхозсенче тÿсме çук начар тăрать. Çак районсенчи нумай колхозсенче парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем тимсĕр пулнă пирки ама выльăхсем хĕсĕр нумай юлаççĕ, çамрăк выльăхсем сахал илеççĕ, выльăхсем, уйрăмах çамрăк выльăхсем нумай вилсе пĕтеççĕ. Çавăнпа пĕрлех асăннă районсенчи тата ытти хăшпĕр районсенчи колхозсенче выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре хуçасăрлăх пысăк.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл — выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ, уйрăмах ĕнесен тухăçлăхĕ пĕчĕкки пулать. Элĕк, Сĕнтĕрвăрри, Советски, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Октябрьски районĕсенчи колхозсем 1952 çулта кашни сăвакан ĕне пуçне 600 литртан та каярах сĕт суса илнĕ.

Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ сахал пулнă пирки нумай колхозсем çултан-çул продукци нумай илмесĕр юлаççĕ, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра тултараймаççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕçĕнчен укçан тупăш сахал илеççĕ. Çав вăхăтрах малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартать: пирĕн республикăри колхозсен обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ăнăçлă аталантарма пур условисем те пур, колхозсен обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕçĕ, ун çине парти, совет, ялхуçалăх органĕсем, колхоз руководителĕсем, тата мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсем тимлĕн пăхсан, колхоз производствин çак отраслĕ пысăк тухăçлă, пысăк таварлă тата тухăçлă отрасль пулса тăма пултарать.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра 1952 çулта обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне пур выльăхсем енĕпе те ирттерсе тултарнă. Колхозра сăвакан кашни ĕне пуçне вăтам шутпа 2.233 литр сĕт суса илнĕ, пĕр сурăх пуçне 4,65 килограмм çăм касса илнĕ, кашни 100 сурăх пуçне 142 путек çитĕнтернĕ. Буденный ячĕпе тăракан колхоз 1951 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçрен укçан 314 пин тенкĕ, 1952 çулта 351 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра та обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç колхоз производствин пысăк тупăшлă отраслĕ пулса тăрать. Çак колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçрен 1952 çулта укçан 391 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Колхоз государствăна планран ирттерсе 36 пин литр сĕт, 362 килограмм çу, 187 центнер сысна ашĕ панă. Планран иртерсе выльăх-чĕрлĕх продукчĕ панăшăн колхоз автомашина, автоприцеп туяннă тата 45 тонна жмых илнĕ.

1952 çулта Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсем чылай çитĕнÿсем турĕç. Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене пурнăçлассишĕн кĕрешсе, колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур выльăхсем енĕпе те тултарнă. 1951 çулта кашни сăвакан ĕнерен 613 литр сĕт суса илнĕ пулсан, 1952 çулта 1.641 литр сĕт суса илнĕ. Кашни 100 сурăх пуçне 129-шар путек çитĕнтернĕ, кашни сурăхран 4-шар килограмм çăм касса илнĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан, Улатăр районĕнчи «Победа», «Путь Ильича», Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Шупашкар районĕнчи «Красный флот», Йĕпрес районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçрен пысăк тупăш илеççĕ.

Пирĕн республикăра обществăллă выльăх-чĕрлĕхе малалла аталантарма, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерме уйрăмах пысăк майсем пурри çинчен малта пыракан выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн опычĕ кăтартса парать.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлесе, çак ĕçе хăйсен пĕтĕм пĕлĕвĕпе вăйĕсене парса нумай дояркăсем, пăру, сурăх, сысна, кайăк-кĕшĕк пăхакансем иртнĕ 1952 çулта çĕнĕ пилĕк çуллăх план тăрăх 1955 çул вĕçне палăртнă висĕрен чылай пысăкрах продукци илнĕ. Çавăн пек, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри доярка А. С. Селиванова 1952 çулта хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен кашнинчен 2.409 литр сĕт суса илнĕ, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка К. А. Ситухина 2.385-шер литр, Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхозри доярка А. Г. Каулина 2.307-шер литр сĕт суса илнĕ. Ĕнесенчен Çĕрпÿри селекци станцийĕпе Улатăрти махорка совхозĕнчи дояркăсем тата нумайрах сĕт суса илнĕ. Çĕрпÿри селекци станцийĕнчи доярка О. М. Митрофанова хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 4.705-шер килограмм сĕт, А. С. Ефимова доярка—4.200-шер килограмм, Улатăрти махорка совхозĕнчи доярка Т. С. Рыбакова—2.600-шер литр сĕт суса илнĕ. Çĕмĕрле районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăсем: М. С. Кудрова тата И. Е. Мигушова 1952 çулта кашни сысна аминчен 22—23-шер çура илсе ÿстернĕ, Кувакино районĕнчи «Победа» колхозри свинарка А. Н. Деманова 19-шар çура ÿстернĕ.

Сурăх ĕрчетес енĕпе те пирĕн республикăра ăста çынсем ÿссе çитĕнчĕç. Тĕслĕхрен, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри сурăх пăхакан Н. М. Крынецкий 302 сурăхран кашнинчен 4,65 килограмм çăм тата кашни 100 сурăхран 142-шер путек илнĕ, Канаш районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхозри сурăх пăхакан Семенов юлташ 190 сурăхран вăтам шутпа сурăх пуçне 4,11 килограмм çăм, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри сурăх пăхакан М. А. Портнова кашни 100 сурăхран 135-шер путек илнĕ, кашни сурăхран 4-шар килограмм çăм касса илнĕ.

Чурачăк районĕнчи «Путь Сталина», Калинино районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан, Шупашкар районĕнчи «Красный Флот» тата ытти колхозсенчи кайăк-кĕшĕк пăхакансем пысăк çитĕнÿсем турĕç. Тĕслĕхрен, Чурачăк районĕнчи «Путь Сталина» колхозри кайăк-кĕшĕк пăхакан Е. Р. Родионова вăтам шутпа кашни чăхран 150-шар çăмарта илнĕ. Республикăри колхозсенче пăрусемпе тихасене пурне те тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтерекен пăру пăхакансемпе конюхсем те сахал мар.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ çĕршыври ялхуçалăх работникĕсем умне колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышне тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Парти съезчĕ çавăн пекех тата çак ответлă задачăсене ăнăçлă татса памалли çул-йĕрсене кăтартса пачĕ. «Çак задачăна ăнăçлăн татса пама, — тесе кăтартса панă Маленков юлташ партин Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă докладра,—чи малтан, пур колхозсемпе совхозсенче те выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хумалла, выльăх-чĕрлĕх валли лайăх карта-витесем туса памалла, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе анлăн механизацилемелле. Пысăк тухăçлă, нумай тавар тата тупăш паракан выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелле».

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли çирĕп апат никĕсĕ туса хурасси уйрăмах пирĕн республикăшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать, мĕншĕн тесен пирĕн нумай колхозсенче улăх-çарансем çителĕксĕр.

Республикăри малта пыракан колхозсем—Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз тата ыттисем те курăк акмалли пусă çаврăнăшĕ тата ятарласа выльăх апачĕ валли кирлĕ культурăсем акмалли пусă çаврăнăшĕ туса выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хурассине ăнăçлăн татса пачĕç.

Республикăри уйрăм колхозсем «Гвардеец» колхоз опычĕпе усă курса выльăх апачĕ валли кирлĕ культурăсем акмалли çĕр лаптăкне тата çак культурăсен тухăçлăхне ÿстерме тăрăшаççĕ. Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра 1952 çулта выльăх кăшманĕ гектар пуçне 609-шар центнер, 3 гектар çинчен 725-шер центнер туса илнĕ. Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозра 12 гектар çинчен 400-шер центнер выльăх кăшманĕ, Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра 25 гектар çинчен гектар пуçне 45-шер центнер клевер ути пухса кĕртнĕ.

Анчах та, калас пулать, нумай колхозсенче выльăх апачĕ туса илесси ÿссе пыракан выльăх-чĕрлĕх ĕçĕнчен юлса пырать, выльăх апачĕ туса илес ĕçĕн техники начар. Выльăх апачĕ культурисем сахал акаççĕ, кая юлса, агротехникăна пăсса акаççĕ, вĕсене пăхса ÿстерес ĕçе начар организациленĕ, çавăн пирки те курăксемпе кăшмансен тухăçĕ питех те пĕчĕккĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлемелле тăвасси—парти, совет, ялхуçалăх органĕсен, колхозсен руководителĕсен, мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсен пысăк задачи пулса тăрать. 1953 çулта пирĕн выльăх апатне каякан культурăсем акассине чылай ÿстермелле. Ку тĕллевпе çĕртме пуссисемпе усă курмалла. Викăпа сĕлĕ хутăш акма, выльăх апачĕ валли пăрça тата ыраш, ир çитĕнекен çĕрулми лартма çĕртме пуссисемпе усă курмалла, çак культурăсен тухăçлăхне ÿстермелле. Çакăн пек ĕнтĕ обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли çирĕп апат никĕсĕ хывмалли ыйтăва татса памалли тĕрĕс çул-йĕр. Çавăн пек тăвас тесен колхозсенче пуринче те выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсем туса вĕсене çирĕплетмелле. Вĕсен выльăх апачĕсен культурисен тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан агротехника ĕçĕсене туса иртерме хĕллехи кунсенче çине тăрса вĕренмелле.

Партин XIX-мĕш съезчĕн директивисенче çапла кăтартса панă: колхозсемпе совхозсенче майракаллă шултра выльăхсен сĕт тухăçлăхне ÿстерме выльăх-чĕрлĕх хуçалăхне тытса пырас ĕçри ытларах интенсивлă системăна — районсен уйрăмлăхĕсене кура, выльăхсене çуллахи кунсенче те апат çинче тăратмалли системăна малалла пурнăçа кĕртсе пымалла. Çак задачăна пурнăçлама республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен организаторла пысăк ĕçсем туса иртермелле. Халех, хĕл кунĕсенчех, кашни колхозра сăвакан ĕнесен пĕр пайне çуллахи вăхăтра апат çине тăратас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса иртермелле.

Паллă ĕнтĕ, выльăхсене хĕл каçарасси выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре чи ответлă тапхăр пулса тăрать. Обществăллă выльăх-чĕрлĕхе аталантарасси, выльăхсен йышĕне вĕсен тухăçлăхне ÿстересси, çапла вара ку тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçласси, чылай енчен, выльăхсене организованно хĕл каçарнинчен килет.

Çав вăхăтрах нумай колхозсенче выльăхсене хĕл каçарасси çителĕксĕр пырать. Колхозсенчи чылай фермăсенче выльăхсене апат парас, пăхас ĕçсене начар организациленĕ, выльăхсене пăхас ĕçре çаплах обезличкăна пĕтермен, выльăхсене пăхмалли, апат памалли, шăвармалли йĕркесене пăсаççĕ. Чылай чухне апатсене тирпейсĕр тыткалаççĕ, вĕсене виçсе памаççĕ, кирлĕ пек хатĕрлемеççĕ. Чылай чухне апата пăрахса параççĕ, çапла вара выльăх апачĕ нумай пĕтет. Çавăн пирки те ĕнтĕ халех чылай колхозсем умне выльăх апачĕ енĕпе пысăк хăрушлăх тухса тăчĕ. Выльăх апачĕсене расходлас ĕçре тивĕçлĕ йĕрке тумалла, выльăх апачĕсене çаратса, салатса пĕтерессине пĕтерсе хумалла. Çакăнпа пĕрлех выльăхсене апата хатĕрлесе парас ĕçе тивĕçлипе тытăнмалла, ку тĕлĕшпе колхозсемпе машина-трактор станцийĕсенчи улăм, силос туракан машинăсемпе, кормозапарниксемпе пуринпе те усă курмалла.

Республикăри нумай колхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли витесем çитмеççĕ, çавăн пирки те выльăхсем нумай пĕтеççĕ. Çакă вăл пăллах, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма чăрмантарать. Пирĕн лайăх витесем тума пур майсем те пур. Ку тĕлĕшпе Канаш районĕнчи «Канаш» колхоз тата ытти колхозсен опычĕпе усă курмалла. Вĕсем саман кирпĕчрен витесем туса çак ыйтăва ăнăçлăн татса параççĕ. Задача çакăн пек: выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас ĕçе анлăрах организацилемелле, строительство ĕçĕсене сезон тăрăх туса пырассине пĕтермелле, кашни колхозра çак ĕçсене тума çынсем çителĕклĕ уйăрмалла, анлăнхи строительство бригадисем тумалла, выльăх витисем тума кашни бригадăна хĕллехипе çуркуннехи тапхăрта тумалли ĕçсене кăтартса памалла, строительство ĕçне хĕлĕн-çăвĕн тумалла. Халĕхи вăхăтра обществăллă выльăхсем валли лайăх витесем çук пулсан халех, пур пек витесене ăшăтма, выльăхсене тăратма юрăхлă тума, çапла вара йывăрлăхран тухма тăрăшмалла.

Колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе малалла аталантарма кирлĕ паха услови вăл—фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилесси пулать.

Улатăр районĕнчи «Победа», «Путь Ильича» колхозсенчи, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри опытпа усă курса пирĕн 1953 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе механизацилессинче, уйрăмах шыв тăратас, апат хатĕрлес ĕçсене механизацилессинче тĕпрен улшăну тумалла. Ку тĕлĕшпе МТС работникĕсен пĕлтерĕшĕ пысăк.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерес, выльăхсене организованно хĕл каçарас задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассине çынсем—выльăх-чĕрлĕх пăхакансем татса параççĕ. Колхоз производствин çак питех те кирлĕ участокĕнче ĕçлеме пултарулла, ăнланулла тата выльăх-чĕрлĕх ĕçне юратакан колхозниксене уйăрса лартмалла; выльăхсене пăхас ĕçри обезличкăна пĕтермелле; фермăсенче ĕçлекенсен ĕçне тĕрĕс организацилемелле, ĕçшĕн тĕрĕс тÿлемелле. Çак ĕçсене партипе правительство постановленийĕсенче кăтартса панă пек туса пымалла, выльăх-чĕрлĕх пăхакансен пĕлĕвне тăтăш ÿстерме тăрăшмалла, вĕсене ĕçлеме лайăх услови туса памалла, вĕсен материальнăй тата йăлапа культура ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшмалла—çакă вăл колхоз руководителĕсен, партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен руководителĕсен пĕрремĕш тивĕçĕ пулать. Çакăнпа пĕрлех парти, совет, ялхуçалăх органĕсен, колхоз руководителĕсен специалистсен пĕлтерĕшне ÿстересси çине ытларах пăхмалла, вĕсене колхозсенче ветеринарипе зоотехника ĕçĕсене тĕрĕс туса иртерме пур майсемпе те пулăшмалла.

Çак кунсенче выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре малта пыракан работниксен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн мастерĕсем хăйсен ĕçĕн итогĕсене турĕç, вĕсем хамăрăн Тăван çĕршыва чечеклентерессишĕн тата колхоз стройне тĕреклетессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлени çинчен каласа пачĕç, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тунă пĕр-пĕрин опычĕпе паллашрĕç.

Çакăнпа пĕрлех выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансем 1953 çул валли тата пысăкрах обязательствăсем йышăнчĕç, мĕнпур выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсене, колхоз председателĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсене, МТС механизаторĕсене обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарассишĕн тата унăн тухăçлăхне ÿстерессишĕн социализмлă ăмăртăва анлăн сарма чĕнсе каларĕç.

Республикăри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсем мĕнпур работниксене 1953 çулта обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана кашни колхоз тата совхоз тăрăх мĕнпур выльăхсем енĕпе Октябрьти Социализмлă Аслă революци 36 çул тултарнă кун тĕлне тултарассишĕн, кашни 100 ама выльăхран: 60 тихаран кая мар, 90 пăрурак кая мар, 110 путекрен кая мар, кашни сысна аминчен 14 çураран кая мар илме социализмлă ăмăрту организацилеме чĕнсе каларĕç. Çамрăк выльăхсене пурне те тĕрĕс-тĕкел сыхласа хăвармалла. Кашни ĕнерен 1.400 литртан кая мар сĕт илмелле, кашни çитĕннĕ сурăхран 3-шер килограмм çăм, кашни çăмарта тăвакан чăхран 80-шар çăмарта илмелле.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ малта пыракан выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсен пуçарăвне ырларĕç. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри мĕнпур работниксене, колхоз председателĕсене, МТС механизаторĕсене выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне малалла вăйлатассишĕн республикăра социализмлă ăмăртăва анлăн сарма чĕнеççĕ.

Партипе совет органĕсен задачи вăл—социализмлă ăмăртăва ертсе пырасси, мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене, ялхуçалăх специалисчĕсене тата механизаторсене колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлăн тултарма мобилизацилесси пулать.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Илемлĕ, идея тĕлĕшĕнчен вăйлă литературăшăн

Чăваш Совет писателĕсен Союзĕн правленийĕнчи пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ.

Парторганизацин иртнĕ тапхăрти ĕçĕсем çинчен каласа панă май, партбюро секретарĕ В. Алагер юлташ çакна палăртрĕ: Чăваш совет литературине малалла аталантарас тĕлĕшпе коммунист-писательсен ĕçĕсем малти вырăнта тăраççĕ.

Чăваш АССР халăх поэчĕ, коммунист Я. Ухсай сăвăласа çырнă «Çул» ятлă романа Шупашкарта чăвашла, Мускавра—вырăсла пичетлесе кăларнă. Илемлĕх тĕлĕшĕнчен пулса çитнĕ, идейăлăх енчен тарăн шухăшлă çак роман,—тет Алагер юлташ,—коллективизаци вăхăтĕнче чăваш ялĕнчи класс кĕрешĕвне кăна мар, хресченсен ăнланулăхĕ ÿснине, вĕсем Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе пуян та культурăллă пурнăç тунине яр-уçă сăнарсемпе тĕрĕс тата ĕненмелле кăтартса парать. Я. Ухсай сăвăллă тепĕр романа—«Акăшкÿл» романа, тĕпрен илсен, çырса пĕтерчĕ ĕнтĕ.

Чăваш халăх поэчĕ, коммунист П. Хусанкай «Горкăри çурт» ятлă поэма çырса пĕтерсе, «Тăван Атăл» альманахра пичетлесе кăларчĕ. Çак поэма та чăваш поэзийĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Ăна Мускавра вырăсла пичетлесе кăлараççĕ. Кунсăр пуçне П. Хусанкай «Чĕре юрри» поэма çырса пĕтерне, сăвăсемпе поэмăсен пысăк кĕнекине хатĕрлесе пичете панă, «Аптраман тавраш» поэмăн иккĕмĕш пайне çырать.

Чăваш халăх поэчĕ, коммунист С. Эльгер иртнĕ çулта «Шурăмпуç килсен» тата «1918 çул» романсене тĕпрен çĕнетсе тÿрлетнĕ, вĕсене пичете панă, халĕ «Вунă çул» ятлă çĕнĕ роман çырать.

Ытти чылай писатель-коммунистсем те çак çулсенче çĕнĕ произведенисем пичетлесе кăларчĕç. Анчах чăваш совет литературине аталантарас ĕçре пысăк çитĕнÿсем тунине курса, çитменлĕхсене курмасăр тăни пысăк йăнăш туни пулнă пулĕччĕ. Хăшпĕр писательсем хăйсен ĕçĕнчи çитĕнÿсемпе шавлăн мухтанма е уйрăм ăнăçусемпе çырлахса ларма пăхаççĕ. Çакă вăл пухура уççăнах палăрчĕ.

Уйрăм писатель-коммунистсем пирĕн пурнăçра куллен пулакан пысăк улшăнусене тата çав улшăнусен малашнехи аталанăвне витĕр курса тăмаççĕ, пурнăçпа пĕр тан утма, паянхи пурнăçпа пурăнма тата пурнăçăн çĕнĕ палăрăмĕсене курма пĕлмеççĕ. Çавăн пиркиех ĕнтĕ чылай писательсем çĕнĕ темăсене хăюллăн татса пама тытăнас вырăнне, хăйсен кивĕ произведенийĕсене çĕнетсе, улăштарса тепĕр хут пичетлеççĕ. Писательсенчен нумайăшĕ предприятисенче, çĕнĕ стройкăсенче, колхозсенче, МТС-сенче пулмаççĕ, урăхла каласан, çĕнĕ пурнăç тăвакан рабочисемпе, колхозниксемпе, интеллигенципе тачă çыхăну тытмаççĕ. Писательсен правленийĕпе партбюро çак пысăк çитменлĕхе хăвăртрах пĕтерме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Вĕсен писательсен халăх умĕнчи, чăваш совет литератури умĕнчи ответлăхне ÿстерессишĕн куллен тăрăшмалла.

Пурнăçри çĕнĕ явленисене курса асăрхама кăна мар, вĕсене марксизм-ленинизм теорийĕ енĕпе тарăнăн сăнласа пама пĕлни кирлĕ. Хамăр обществăн аталанăвĕн объективлă законĕсене тĕплĕн вĕренмесен, марксистла-ленинла теорипе çирĕп хĕçпăшалланмасан, писательсенчен никам та харпăр хăй творчествинче пысăк йăнăшсем пуласран сыхланма пултараймасçĕ. Уйрăм произведенисен идейăпа художествăллă шайĕ çаплах çÿлĕ вырăнта пулманни çавăнтан килет те ĕнтĕ. «Ялав» журналпа «Тăван Атăл» альманахра вăтам, шупка произведенисем, хăш чухне пачах пулса çитмен тата пирĕн пурнăçа тĕрĕс кăтартса паман произведенисем пичетленеççĕ. Хăшпĕр писательсем хăйсен творчествинче совет обществин нумай енлĕ, вĕресе тăракан пурнăçне сÿрĕк те кичем кăтартса параççĕ.

Çак çитменлĕхсене пĕтерес ĕç мĕнщĕн вăраххăн пулса пырать-ха? Çĕнĕ темăсене хăюллăн татса пама тытăнма мĕн кансĕрлет-ха?

— Пире, пуринчен малтан, творчествăллă ыйтусем интереслентереççĕ, — тет А. Талвир.—Парторганизацин пĕтĕм ĕçне писательсен творчествăллă активлăхне ÿстерес, вĕсене художествăллă пысăк произведенисем çырма хавхалантарас тĕллевпе туса пымалла. Анчах партбюро çак ыйтăва манăça хăварать. Нумай писатель-коммунистсем пирĕн литературăра хăйсен татăклă сăмахне каламарĕç-ха, урăхла каласан, пирĕн халăха хумхантаракан ыйтусене пĕтĕм тарăнлăхпа татса паракан пысăк произведенисем çырмарĕç. Л. Агаков, сăмахран, виççĕмĕш кĕнеке пичетлесе кăларать ĕнтĕ, анчах виççĕшĕ те çĕннисем мар, киввисем, темиçе çул каярах çырнисем. Парти пухăвĕсем, тет малалла А. Талвир, час-часах ячĕшĕн кăна иртеççĕ, вĕсенче писатель-коммунистсен творчестви синчен сÿтсе явмастпăр.

Поэт А. Эсхель писательсен теориллĕ вĕренĕвĕ çинчен каларĕ.

— Писательсен парторганизацийĕн ĕçĕнче хăйне евĕрлĕ уйрăмлăх пур, — тет вăл.—Пирĕн организаци—творчествăллă организаци. Партиллĕ-политикăллă пĕтĕм ĕçе çав уйрăмлăха шута илсе тăвас пулать. Çĕнĕ произведенисем çырма нумай вуламалла, вĕренмелле, хамăр асăрхакан явленисене пĕтĕçтерсе, вĕсене тĕрĕс сăнласа пама пĕлмелле. Вĕренĕве тĕрĕслесе тăнипе пĕрлех, писательсене творчествăллă ĕçе политикăллă тата профессиллĕ вĕренÿпе çыхăнтарма пулăшмалла.

Чăваш халăх поэчĕ С. Эльгер писательсен творчествăллă отчечĕсене тăтăшах сÿтсе явма сĕнет.

— Çак отчетсене сÿтсе явма,—тет вăл,—писательсене пурне те хутшăнтармалла. Пичетленсе тухнă çĕнĕ кĕнекесене ушкăнпа тишкерсе тухни кирлĕ. Ф. Уярăн «Шурча тавраш ĕнче» ятлă кĕнеки пичетрен тухрĕ. Кĕнеке авторĕ нумай ĕçлени сисĕнет, анчах кĕнекере çитменлĕхсем те сахал мар. Ку кĕнекене проза секцийĕнче тĕплĕн сÿтсе явас пулать. Çавăн пек туни автора кăна мар, ытти писательсене те пысăк усă кÿрет.

Парти пухăвĕнче Чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕ çумĕнчи секцисем ытла та начар ĕçлени е уйрăм секцисем пачах ĕçлеменни çинчен нумай каларĕç.

Партбюро парти дисциплинине пăсакансене хирĕç начар кĕрешет. Литературăллă критика çукпа пĕрех. Парторганизаци пурнăçĕнче те самокритикăпа критика ĕçри тĕп меслет пулса тăман-ха. Хăшпĕр коммунистсем критикăна йышăнмаççĕ. Партиллĕ, çивĕч те тĕрĕс критикăпа самокритикăна сарас вырăнне, литература ыйтăвĕсене тата творчествăллă ĕçри çитменлĕхсене парти позицийĕ енчен хăюллăн критиклес вырăнне, уйрăм писательсем пĕр-пĕрне кÿрентересрен хăраççĕ, е тепĕр чухне, пĕр-пĕринпе ним латтисĕр хирĕçсе каяççĕ. Творчествăллă туслăх çирĕп мар пирки, пĕр-пĕрин çитменлĕхĕсене тÿррĕн те уççăн кăтартса паман пирки те чăваш совет литературин аталанăвĕнче пысăк кăлтăксем пулаççĕ.

— Чăваш литературинче манăça хăварнă жанрсем çинчен,— терĕ Л. Агаков,— пухусенче нумай калаçатпăр. Анчах ĕç пур пĕрех вырăнтан тапранмасть-ха. Сатирăпа юмор пирĕн литературăра çукпа пĕрех. Çак жанрсене ура çине тăратас тĕлĕшпе хальхи вăхăтра çине тăрса ĕçлени курăнмасть.

Партин XIX-мĕш съездĕнче Г. Маленков юлташ çапла каланă: «Пире совет саманинчи Гогольсемпе Щедринсем кирлĕ, вĕсем пурнăçри юрăхсăр явленисене, пăнтăхса кайнисене, хытса ларнисене, малалла кайма чаракан мĕнпур чăрмавсене сатира вут-хĕмĕпе çунтарса тăнă пулĕччĕç».

Л. Агаков каланă тăрăх, писательсен Союзĕн правленийĕпе партбюро сатирăпа юмора чĕртсе ярас тĕлĕшпе, решенисем йышăннисĕр пуçне, урăх нимĕнех те туман-ха. Сатирăпа юмор жанрĕ енĕпе ĕçлеме пултаракан писательсем пирĕн пур. Çак ĕçре вĕсене хавхалантарса пыни кирлĕ.

Ача-пăча литератури юлса пынине пĕтерес енĕпе те правлени начар ĕçлет. Шкул çулне çитмен ачасем валли вара нимĕнле литература та çук.

Чăваш Совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн председателĕ Уйăп Мишши пирĕн писательсем литературăпа искусство ыйтăвĕсем тăрăх партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисене пурнăçлассишĕн начар кĕрешнине палăртать.

Чăваш литературинчи паллăрах писательсем союз çумĕнчи секцисен ĕçне хисепе хумаççĕ. Нумаях пулмасть проза секцийĕн ларăвĕ пулнă, унта союз членĕсем пĕтĕмпе те тăватă çын кăна пухăннă.

Чăваш писателĕсем хаçатсен ĕçне хутшăнмаççĕ. Вĕсем кĕске калавсем, очерксем çырса пирĕн паянхи пурнăçри савăнтаракан пысăк ĕçсене сăнласа памаççĕ.

Пирĕн хушăмăрта, тет Уйăп Мишши, хамăр литература малашлăхĕшĕн пĕтĕм чĕререн хумханман, совет писателĕн чыслă ятне çÿлте тытса пырасси çинчен шухăшламан çынсем те тĕл пулаççĕ. Политикăллă тата профессиллĕ вĕренĕве хакламаннине халĕ те пĕтермен. Нумай коммунистсем вĕренме харпăр хăй валли план тунă, анчах ăна пурнăçламаççĕ. Съезд материалĕсене вĕренес тĕлĕшпе иртерекен теориллĕ калаçусене коммунистсем чылайăшĕ çÿремеççĕ. Писательсем вулакансемпе те сахал тĕл пулаççĕ.

Парти пухăвĕ коммунист-писательсен творчествăллă аталанăвне вăйлатас, партиллĕ-организациллĕ тата идеологиллĕ ĕçе çÿлĕрех пусăма çĕклес тĕлĕшпе конкретлă решени йышăнчĕ.

## Лаша ĕрчетес ĕçри ÿсĕмсем

СОВЕТСКИ. Районти колхозсем иртнĕ 1952 çулта лаша ĕрчетес ĕçре ÿсĕмсем турĕç. Лаша ĕрчетмелли плана район иртерсе тултарчĕ. Кĕсресенчен тихасем илмелли плана 110 процент ытла пурнăçланă. Халĕ 31 колхозра лашасем планра кăтартнинчен ытларах усраççĕ. Унта лаша фермисем тунă.

Кĕсресенчен тихасем илсе ÿстерме илнĕ обязательствăна чылай колхозсем ăнăçлă пурнăçларĕç. Володарский ячĕпе тăракан колхоз 29 кĕсререн 28 тиха илсе тĕрĕс-тĕкел ÿстерчĕ. Кунта лаша фермин заведующийĕ пулса Г. Самаков юлташ ĕçлет. Вăл, 17 çул хушши конюхра ĕçлесе, лаша пăхас тĕлĕшпе пысăк опыт пухнă. Ытти конюхсене те зоотехника кăтартнă пек ĕçлеме вĕрентсе çитернĕ. Çавăнпа та колхоз лашисем ялан мăнтăр, ĕçре чăтăмлă.

Степан Разин ячĕпе, Ленин ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан, «Самолет», «Ҫĕн коммунизм», «Сталинград» колхозсем тихасем илмелли плана чылай иртерсе тултарчĕç, тихасене лайăх пăхса ÿстерчĕç. «Сталинград» колхозри И. Смирнов, Г. Маслов конюхсем хăйсене çирĕплетсе панă кашни кĕсререн тиха илсе ÿстернĕ. Çавăн пекех Молотов ячĕпе тăракан колхозри Г. Клетков, Г. Игнатьева, В. Толстова конюхсем те хăйсем пăхнă кĕсресенчен пĕрер тиха илсе сывă çитĕнтернĕ. Лайăх ĕçлекен конюхсене ĕçшĕн хуçа тÿлеççĕ.

**Я. СИГАЕВ.**

## Занятисем йĕркеллĕ иртеççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Ленин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата И. В. Сталин юлташ съездра каланă сăмаха пысăк тимлĕхпе вĕренеççĕ. Пуçламăш парторганизаци съезд материалĕсене вĕренме кружок йĕркеленĕ. Занятисене КПСС райкомĕн штатра тăман пропагандисчĕ Л. Васильев юлташ иртерет.

Кружокра уй-хир бригадин бригадирĕсем, выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем тата агитаторсем вĕренеççĕ. Вĕсем съезд материалĕсене ялти ĕççынниcене ăнлантарса параççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе тата аслă çулпуç И. В. Сталин юлташ сăмахĕпе хавхаланса, колхозниксем кăçал вăйлă тырпул туса илессишĕн тăрăшаççĕ. Уй-хир бригадисем çуракине хатĕрленеççĕ, ялхуçалăх машинисене юсаççĕ, удобренисем хатĕрлеççĕ.

**И. АФАНАСЬЕВ.**

# Хаçатра пичетленекен материалсен витĕмлĕхĕшĕн

ЧУРАЧĂК. Иртнĕ çулхи август уйăхĕнче, государствăна тырă памалли задание срокчен пурнăçлассишĕн колхозсенче социализмлă ăмăрту анлăн сарăлнă кунсенче, «Родина» колхоз членĕсем район центрĕнчи глубиннăй пункта нумай лавсемпе тырă турттарса пынă. Пункт заведующийĕ Г. Макаров юлташ, çав хĕрÿллĕ тапхăрта вăхăта тата вăйне хĕрхенмесĕр ĕçлес, колхозниксене ăшă кăмăлпа кĕтсе илес, тырра часрах йышăнса юлас вырăнне, мĕнпур лавсене нимĕнле сăлтавсăрах каялла янă, ĕç вăхăтĕнче мухмăрлă-сухмăрлă пуçпа çÿренĕ.

Чунтан тарăхнă колхозниксем, районти «Çĕнтерÿшĕн» хаçатра пичетлесе кăларма ыйтса, çыру çырса хăварнă, Хатĕрлев министерствин районти уполномоченнăйĕнчен Ф. Антонов юлташран глубиннăй пунктра çирĕп йĕрке туса хума, Тăван çĕршыв валли тырă хатĕрлес ĕç çине бюрократла пăхма хăякан Г. Макарова ответ тыттарма ыйтнă. Колхозниксен çырăвне редакци тепĕр кунне пичетлесе кăларнă.

Çу кунĕсем иртрĕç, умри йывăрлăхсемпе чăрмавсене çĕнтерсе, колхозсем тырпул хатĕрлемелли плана ăнăçлăн тултарчĕç, анчах Антонов юлташ колхозниксен критикăллă çырăвĕ тăрăх мĕнле мера йышăнни никама та паллă пулмарĕ, ун çинчен вăл хаçат урлă пурне те пĕлтерме шутламан. Глубиннăй пункт заведующийĕ Макаров юлташ, нимĕн пулман пекех, хăйĕн ĕçĕнче шухăшсăр-туйăмсăр пурăнать.

Антонов юлташ аялтан килекен критикăна хисеплеменни çинчен калакан ытти тĕслĕхсем те пур. Ямаш ялĕнчи М. Трофимов колхозник «Çĕнтерÿшĕн» хаçатра пичетлесе кăларнă хăйĕн çырăвĕнче Хатĕрлев министерствин уполномоченнăйĕн кантурĕнчи работниксем тĕрлĕ ыйтупа пынă колхозниксене хăшпĕр чухне чиновникла йышăнни, ыйтусене çийĕнчех татса пама тăрăшманни çинчен тарăхса пĕлтернĕ. Çак çырăва хирĕç те Антонов юлташ нимĕнле ответ паман.

— Критикăллă статьясене хирĕç обязательнă ответ памалла-и вара?—тĕлĕнсе ыйтрĕ вăл.— Кун çинчен эпĕ пĕлменччĕ-ха...

Чурачăкри глубиннăй пунктра çулла тырă йышăннă чухне пулнă çитменлĕхсене пĕтерме мера йышăнни çинчен вăл халĕ, январь уйăхĕнче, хаçат урлă ответ пама хатĕр.

Ĕçсыннисем хăйсем редакцие яракан çырусенче колхозсен, советпа хуçалăх, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене кăтартса параççĕ, государство интересĕсене манса харпăр хăй интересĕшĕн çеç хапсăнакан çынсене хыттăн критиклеççĕ, социализмлă общество пурнăçĕн правилисене, государство тата ĕç дисциплинине пăсакансене тăрă шыв çине кăлараççĕ.

Пур авторсем те хăйсен çырăвĕнче пуçарнă критикăна районти тивĕçлĕ организацисем тÿррĕн йышăнса илессине тата çырусенче кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе хăвăртрах мерăсем йышăнассине кĕтеççĕ. Анчах «Çĕнтерÿшĕн» хаçатра пичетленекен критикăллă çырусенчен нумайăшĕ пичетленипе çеç тăрса юлаççĕ. Хаçат редакцийĕн аялтан килекен критикăна вĕçне çитерме çирĕп принциплăх çитмест. Çакă вăл хаçатăн çивĕчлĕхне тата вулакансен умĕнчи авторитетне чакарать.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ Ф. Семенов юлташ ялхуçалăх специалисчĕсене ку колхоза çĕнĕ пусă çаврăнăшне йĕркелесе çитерме пулăшманшăн хытă критикленĕ. Тепĕр корреспондентăн çырăвĕнче участокри зоотехникăпа ветеринари пункчĕн заведующине А. Вашуркина юлташа колхозсенче сахал пулнăшăн ÿпкеленĕ. Вашуркина юлташ, хăйĕн ĕçĕнчен пăрăнса, килти хуçалăхĕшĕн ытларах тăрăшать, колхозсенчи ферма работникĕсене зоотехникăпа ветеринари наукисен никĕсĕсене вĕренме тата вĕсемпе практикăллă ĕçре усă курма сахал пулăшать.

Çав çырусене пичетлесе кăларнăранпа нумай вăхăт иртнĕ ĕнтĕ, анчах колхозниксен критикине районти ялхуçалăх пайĕнче тÿррĕн йышăнса илни, специалистсен ответлăхне ÿстерес тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнни курăнмасть.

— Пирĕн çырăва хаçатра пичетлесе кăларни шыв çине сенĕкпе çырнă евĕрлех пулчĕ,— терĕ Сталин ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ Семенов юлташ.— Çырăва хирĕç ответлени те, пирĕн колхоза пулăшни те пулмарĕ.

Райсовет исполкомĕ, хăйсен хаçатĕнче пичетленекен çырусенчи критикăна хисеплемесĕр, хăй те ыттисене начар тĕслĕх кăтартать.

«Çĕнтерÿшĕн» хаçатра иртнĕ кĕркунне «Шăнкăрч йăвинче» ятлă фельетон пичетленĕ. Фельетонри критика тĕрĕс пулнине пур те, вăл шутра райисполком председателĕ Осипов юлташ хăй те, йышăнаççĕ. Пысăк шоссе çинче вырнаçнă Чурачăкра парикмахерскине фанер хăмасенчен хăртаса тунă, çĕтĕк ешĕк евĕрлĕ пĕчĕк будкăра вырнаçтарнă. Хĕле хирĕç çанталăк сивĕтсен çак будкăра, «шăнкăрч йăви» тесе ят панăскерте, сухал хыртарма мар, ларма та май çук—унта витĕрех çил шăхăрать.

Ĕ ç ç ы н н и с е м райисполкомран парикмахерски валли ăшă пÿлĕм тупса пама ыйтаççĕ. Райисполком парикмахерскине район центрĕнчен чылай аякках ларакан промкомбинат çуртĕнче вырнаçтарма йышăннă. Парикмахер Табаков юлташ ку çуртра пĕр уйăх хушши ĕçлесе пурĕ 40 тенкĕ укçа пухнă та, тухса кайнă.

Парикмахерски валли район центрĕ варринчех пÿлĕм уйăрса пама пултараççĕ, анчах çукки çине йăвантарнисĕр пуçне, урăх нимĕн те тумаççĕ.

Партиллĕ пичетĕн вăйĕ — вăл массăсемпе тачă çыхăну тытнинче, аялтан килекен критикăна анлăн сарма тăрăшнинче тата пичетленĕ материалсем кирек хăçан та витĕмлĕ пулнинче. Çак требование «Çĕнтерÿшĕн» хаçат редакцийĕ çирĕппĕн пурнăçласа пыраймасть.

Хаçат редакцийĕ КПСС райкомĕн çуртĕнчех вырнаçнă. Хаçатăн çĕнĕ номерĕн пирвайхи экземплярĕсем, яланхи пекех, чи малтан райком секретарĕсем патне çитеççĕ. Анчах вĕсем хаçатри критикăллă материалсен малашнехи раскалĕпе сахал интересленеççĕ, массăсен критикине вĕçне çитерес тĕлĕшпе мĕнле ĕçлемелли çинчен редакци работникĕсене практикăллă кăтартусем сахал параççĕ.

**Н. ВОЛКОВ.**
**(Хамăр корр.).**



Вăрнарти ялхуçалăх шкулĕ хамăр республикăри колхозсенче уй-хир бригадисен, сад-пахча бригадисен бригадирĕсем тата утар заведующийĕсем пулса ĕçлекенсене вĕрентсе хатĕрлет.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: шкулта вĕренекенсем хурт-хăмăр çинчен вĕренмелли урокра. Малти сĕтел хушшинче (сулахайран сылтăмалла)—А. Костина, Ф. Курбанова тата М. Архилина.

С. ВИКТОРИНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен шкулсемпе таччăн çыхăнса ĕçлемелле

Çамрăк ăрăва вĕрентсе воспитани парас задачăна ăнăçлă пурнăçлас, ачасене коммунизмăн активлă та ăнланулла строителĕсем пулма вĕрентес тĕлĕшпе шкулсемпе пĕрлех, вулав çурчĕсемпе клубсем, библиотекăсем ĕçлеме тивĕçлĕ. Юлашки вăхăтра Советски районĕнчи хăшпĕр вулав çурчĕсем, клубсем шкулсемпе таччăн çыхăнса ĕçлеме тытăнчĕç.

Хурамалăхри вулав çурчĕпе пуçламăш шкул пĕр-пĕринпе çыхăнса, ачасене воспитани парас ĕçе тĕрлĕ майсемпе туса пыраççĕ. Вулав çурчĕн заведующийĕ О. Иванова юлташ ачасемпе ĕçлес тĕлĕшпе шкулпа пĕрле план туса хатĕрлет, планра палăртнă ĕçсене ирттерме тĕплĕн хатĕрленет.

Шкулпа вулав çурчĕ час-часах ачасен утренникĕсене ирттереççĕ. Октябрьти Социализмлă Аслă революци 35 çул тултарнă ятпа ирттернĕ утренник уйрăмах аван иртрĕ. Унта шкул заведующийĕ А. Громов юлташ малтан ачасене Совет влаçĕ пулнăранпа 35 çул хушшинче тунă ÿсĕмсем çинчен каласа пачĕ. Унтан ачасем ĕлĕкхипе хальхи пурнăçа кăтартса паракан кĕнекесен сыпăкĕсене вуларĕç. Телейлĕ пурнăçшăн савăнса, вĕренекенсем Ленинпа Сталин çинчен, совет халăхĕ миршĕн кĕрешни çинчен хывнă юрăсем юрларĕç, такмаксем каласа пачĕç.

Вулав çуртĕнче «Ĕлĕкхипе хальхи пурнăç» ятлă витрина тунă. Çав витрина çинчи ÿкерчĕксемпе диаграммăсем тăрăх ачасем хăйсен ялĕн пурнăçĕпе паллашаççĕ.

Çавăн пекех партипе халăхăн аслă çулпуçĕсен—В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн пурнăçĕпе ĕçĕсене çутатса парас тĕлĕшпе тунă утренник та аван иртрĕ. Утренникра çулпуçсен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен учительсем каласа кăтартрĕç. Ачасем Ленинпа Сталин çинчен хывнă юрăсене юрларĕç, сăвăсем каларĕç. Ун хыççăн ачасем шкулпа вулав çурчĕ хатĕрленĕ «Шурă кăвакарчăн» пьеса тăрăх спектакль лартрĕç.

Ачасене воспитани парас ĕçре кино пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ку тĕлĕшпе вулав çурчĕпе шкул вĕренекенсем валли ятарласа сеанссем организациелеççĕ. Юлашки вăхăтра «Хăюллă çынсем», «Чăн-чăн этем çинчен çырнă повесть», «Чапаев» тата «Берлин парăнни» картинăсем кăтартнă. Тарăнрах ăнланмалла пултăр тесе, сеанссем умĕн яланах ачасене картинăсен содержанийĕ çинчен каласа параççĕ.

Ачасене çамрăкранах ĕçе хăнăхтарас тесе, каникул вăхăтĕнче колхоз уй-хирĕнчи ĕçсене хутшăнтараççĕ, ачасем хĕлле хирте юр тытаççĕ, çулла колхозра хуркăвакал, сурăх пăхаççĕ.

Вулав çурчĕпе шкул вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсемпе ĕçлессине аван йĕркеленĕ. Вĕсем хушшинче педагогика ыйтăвĕсем тăрăх докладсем ирттереççĕ. Нумаях пулмасть А. Громов юлташ «Ачасен кун йĕрки мĕнле пулмалла» темăпа вулав çуртĕнче доклад туса пачĕ.

Çавнашкалах Лапракассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулпа кунти вулав çурчĕ вĕренекенсемпе ĕçлессине аванлатрĕç. Вулав çурчĕ—ачасен юратнă вырăнĕ. Унта вĕсем хаçат-журнал, кĕнеке вулаççĕ. Вĕренекенсемпе тĕрлĕрен экскурсисем ирттереççĕ. Çуллахи каникулсем вăхăтĕнче Етĕрне хулине кайса курчĕç. Вĕренекенсем çу тата спирт завочĕсенче, педагогика училищинче, вăтам шкулăн музейĕнче, МТС-ра, ялхуçалăх механизаторĕсен шкулĕнче пулчĕç.

Ачасемпе çакăн пек ĕçлени вĕсен пĕлÿлĕхне, тавракурăмне анлăлатма нумай пулăшать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ шкул ĕçне, ачасене вĕрентес ĕçе малалла лайăхлатса пыма хушрĕ. Çак кăтартăва пурнăçлассишĕн учительсем те, культурăпа çутĕç работникĕсем те тимлĕн тăрăшас пулать.

Çакна калас пулать: районти культурăпа çутĕç пайĕ каникулсем вăхăтĕнче вĕренекенсемпе ĕçлесси çинчен çулсеренех вырăнсене кăтартусем парать. Анчах культурăпа çутĕç учрежденийĕсем шкулсемпе кирлĕ пек таччăн çыхăнса ĕçлемен тата контроль çителĕксĕр пулнă пирки вăл кăтартусем чылай чухне пурнăçланмасăр юлаççĕ. Ку çитменлĕхе пĕтермелле.

Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен малашне шкулсемпе таччăнрах çыхăнса ĕçлемелле. Çакă вăл партин XIX-мĕш съезчĕ шкулсем умне лартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пулăшĕ.

**М. ШВЕЦОВ,**
**Советски районĕнчи Лапракассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул учителĕ.**

# Çĕнелнĕ Канаш

Вагонсем юсакан завод трубинчен хура тĕтĕм палкаса тухать. Рабочисене ĕçе чĕнекен гудок сасси янраса каять. Гудок сасси Канаш хули сывăхĕнчи ялсенчен пуçласа, Яманкасси вăрманне çитсе сухалать. Тепĕр темиçе минутран вара железнодорожниксен формине тăхăннă рабочисем, инженерсемпе техниксем завод енне васкаса утма тытăнаççĕ.

Часах заводри цехсенче ĕç шавĕ пуçланать. Завод коллективĕ юсаса кăларнă çĕнĕ вагонсем Тăван çĕршывăн чугун çулĕсем тăрăх кунсеренех нумай саланаççĕ.

Канаш станци урлă Мускавпа Хусан, Хусанпа Харьков, Горькипе Хусан тата Шупашкар енелле нумай составлă поездсем иртеççĕ. Акă, утакан экскаватор палăкĕсене тиенĕ эшелон иртсе кайрĕ. Ку вăл—коммунизмăн аслă стройкисене, пысăк электростанцисем тунă çĕре каякан эшелон.

Мускав енчен илемлĕ автобуссем тиенĕ вагонсем çитрĕç. Ку автобуссем—Урал енчи хуласенчи ĕçсыннисене столицăран ярса паракан парне. Тĕрлĕ ялхуçалăх машинисем тиенĕ составсем ирте-ирте каяççĕ. Хăшпĕр вагонсене Канашрах пушатса хăвараççĕ, вĕсем хамăр республикăри ялхуçалăх артелĕсене валли.

Хулари пур промышленность предприятисенче те хĕрÿ ĕç вĕрет.

* * *

Октябрьти Социализмлă Аслă революци пуличчен паянхи Канаш вырăнĕнче Шăхран ятлă пĕчĕк станци кăна пулнă. Станцинче 800 çынна яхăн çеç пурăннă. Шăхран станцинче тĕрлĕ купецсемпе кулаксен тата тĕн çыннисен çурчĕсем, тырă склачĕсемпе армансем малти вырăнта ларнă.

1915 çулта кунта учительски семинари уçнă. Унта пуян çынсен ачисем кăна вĕреннĕ. Больница пулман. Медицина пулăшăвĕ илме Шăхасанти е Çĕрпÿри больницăна çÿремелле пулнă.

Пĕчĕк поселокра, паллах ĕнтĕ, нимĕнле промышленность та пулман. Чылай çул иртсен икĕ пăравус вырнаçмалăх депо тата пассажирсене кĕрсе тухма хăмаран çапса пĕчĕк çурт туса лартнă.

Октябрьти Социализмлă Аслă революци пулнă хыççăн тин Шăхран поселокĕ ÿсме, чугун çул узелĕ сарăлма пуçлать. Арзамаспа Шăхран хушшинчи чугун çул линине туса пĕтернĕ хыççăн, Шăхран узловой станци пулса тăрать.

1920 çулта Чăваш облаçĕ пулнă хыççăн, Шăхран поселокне Канаш ятлă, 1925 çулта республика туса çирĕплетнĕ хыççăн Канаша хула ятне параççĕ.

Канаш—çак вăхăтранпа Чăваш республикин çултан-çул ÿссе, пысăкланса пыракан хули пулса тăрать. 1927 çулта Канашра сортировочнăй станци, каярахпа çĕнĕ депо, топливо склачĕ тăваççĕ. Канашпа Шупашкар хушшинче чугун çул тата вагонсем юсакан завод туни хулана ÿссе çитĕнме татах та пулăшать.

1917 çулта кунти учительски семинарине педагогика курсĕ, каярахпа педтехникум, унтан педучилище туса хунă. 1949—1950 вĕренÿ çулĕнче учительски институт уçнă.

1934 çулта правительство йышăннă тăрăх Канашра вагонсем юсакан завод тума тытăннă.

Хула çывăхĕнчи юрăхсăр çĕр çине пулас пысăк заводăн малтанхи кирпĕчне хураççĕ. 1935 çулхи сентябрь уйăхĕнчех завод чугун çул транспортне хăйĕн малтанхи продукцине пама пуçланă. Халĕ заводри ĕçе поточнăй меслетпе тăваççĕ. Транспорта кирлĕ продукци парасси ÿссех пырать.

Канашра промышленность предприятийĕсем татах та нумай. Ăш-какай хатĕрлекен, çăнăх авăртакан промышленность, апат-çимĕç комбиначĕсем, моторсем юсакан завод, элеватор, пăравуссен деповĕ, типографи, промысла артелĕсем ĕçлеççĕ. Кунта тĕрлĕ базăсем вунă ытла шутланаççĕ.

Канаш хули куллен ÿссе пынине хулара пурăнакансен хисепĕ хăвăрт ÿссе пыни те лайăх кăтартса парать. Совет влаçĕ пулнăранпа кунти халăх хисепĕ 40 хут ытла ÿснĕ.

Хулара культура строительстви хăвăрт аталанса пырать. Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче хулара 270 учитель ĕçлет. Учительски институт, финанс техникумĕ, фельдшерсемпе акушерсем, ялхуçалăх механизаторĕсем вĕрентсе хатĕрлекен шкулсем, чугун çул училищи, 4 вăтам шкул, çичĕ çул вĕренмелли 2 шкул, çамрăк рабочисен шкулĕ, пĕр пуçламăш шкул тата çамрăк ачасен спорт шкулĕсем ĕçлеççĕ. Вĕсенче пурĕ çичĕ пин çынна яхăн вĕренет.

Партипе правительство çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕç валли укçа-тенкĕ шеллемеççĕ. Канаш хулинче халĕ ача сачĕсем, яслисем темиçе ĕçлеççĕ.

Культурăпа çутĕç учрежденисем нумайланса пыраççĕ. Кинотеатр, стационарлă киноустановкăсем ĕçлекен виçĕ клуб, 46 хĕрлĕ кĕтес, 32 библиотека, 3 радиоузел ĕçлет.

Ĕçсыннисене медицина пулăшăвĕ парасси нумай лайăхланчĕ. Хулара икĕ больница, виçĕ поликлиника, хĕрарăмсен консультацийĕсем—2, ачасен консультацийĕ пур. Тĕрлĕ предприятисенче 4 медпункт, 3 рентген установки, ача çуратмалли икĕ çурт пур.

Хулара интеллигенци йышĕ хăвăрт ÿссе пырать. Вагонсем юсакан заводри инженерсемпе техниксем 1952 çулта рационализаторлă 68 сĕнÿ парса, государствăна 350 пин тенкĕ укçа перекетлеме пулăшнă.

Паровозсен деповĕнчи машинистсем пĕлтĕрхи 11 уйăх хушшинче нормăран ирттерсе 850.000 тонна груз турттарнă. Çав вăхăтрах 1.122 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ.

* * *

Паянхи Канаш—Чăваш республикинчи промышленноçпа культурăллă пысăк центрсенчен пĕри пулса тăрать.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхра хулан пуласлăхĕ татах та пысăк. Хулари ĕçсыннисем хăйсен хулине тата илемлĕрех тума тăрăшаççĕ. Промышленность предприятийĕсем 1952 çулхи производство планне ăнăçлă пурнăçланă. 5-мĕш дистанци ăнăçлă ĕçлесе, Хусан чугун çулĕн Управленипе дорпрофсожăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне алăран яман.

Вагонсем юсакан заводри рабочисемпе служащисем валли 20 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем лартаççĕ.

Железнодорожниксене валли пĕлтĕр сакăр хваттерлĕ икĕ чул çурт туса панă, 1953 çулта çакăн пек виçĕ çурт тата хула Совечĕн коммунальнăй хуçалăх пайĕ икĕ çурт туса пĕтермелле. Пĕлтĕр çĕнĕ вокзал çуртне тума пуçланă. Çавăн пекех 1953 çулта çăкăр завочĕ, заводра ĕçлекенсене валли 16 хваттерлĕ çурт, 530 çын вырнаçмалăх клуб, мунча, ача сачĕ тума пуçламалла. Кондитерски фабрика тума тытăнаççĕ.

**Г. ИСАЕВ.**

# Производство новаторĕсен опытне сарни— ĕç тухăçлăхне ÿстермелли меслет

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсем умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. Съезд ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Вăрман промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пынине пĕтермелле. Йывăçран материалсем туса кăларассине ÿстермелле, производство тата строительство валли детальсем туса кăларассине аталантармалла. Йывăç хатĕрлес ĕçе комплекслă механизацилессине малалла аталантармалла. Производствăна организацилессине тата механизмсемпе усă курассине лайăхлатмалла, çапла вара йывăç хатĕрленĕ çĕрте ĕç тухăçлăхне ÿстермелле».

Вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, съезд йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн, çĕршывра коммунизм обществи хăвăртрах туса çитерессишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Съезд хыççăн республикăри вăрман промышленноçĕнче стахановецсемпе рационализаторсен хисепĕ чылай ÿсрĕ, социализмлă ăмăрту вăйланчĕ. 1952 çулхи ноябрь уйăхĕнче СССР Вăрман промышленность министерствипе вăрман промышленноçĕнче тата сулă юхтаракан организацисенче ĕçлекенсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ Кире вăрманпромхозĕнчи паллă тракториста М. Сысуйкин юлташа Хисеплĕ грамотăпа наградăларĕç. Алтышево вăрманпромхозĕнче ĕçлекен Н. Вельдяев юлташ чылайранпа ĕнтĕ «Чи лайăх тракторист» ятне чыслă тытать. Ертсе пыракан профессисем тăрăх пыракан Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртура республикăри уйрăм стахановецсем малти вырăна тухнă. Вĕсен шутне Улатăр вăрманпромхозĕнчи С. Грачев, А. Лапотников, И. Воложинов юлташсем, Буински вăрманпромхозри Я Царегородцев. Кире вăрманпромхозĕнчи С. Демьяненко юлташсем т. ыт. те кĕреççĕ. Яланхи кадрта ĕçлекен рабочисенчен чылайăшĕ ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ, производствăна çĕнетсе лайăхлатмалли паха сĕнÿсем параççĕ. Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче Сурски ансăр чугун çул сывăхĕнчи кварталсенчи йывăççене электропăчкăсемпе касса йăвантараççĕ, йывăççене тăршшĕпех çул хĕррине тракторсемпе тата лебедкăсемпе илсе тухаççĕ, вагонсемпе анатри склада турттарса кăлараççĕ. Складра вара вĕсене механизмсемпе касса сыпăлаççĕ, сортлаççĕ тата тиеççĕ. Пĕтĕм процессене механизацилени ĕç тухăçлăхне ÿстернĕ. Çавна пула вăрманпромхоз пĕлтĕрхи производство планне срокчен тултарчĕ.

СССР Вăрман промышленность министерствине пăхăнса тăракан вăрманпромхозсенче, 1952 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа, ĕçе çĕнĕ положени тăрăх йĕркелеме тытăннă. Çав çĕнĕ положени предприятисенче производствăна тĕрĕс организацилеме, ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма пулăшать. Республикăри хăшпĕр вăрман пункчĕсем (Пинер, Кабаново, Речной) юлашки вăхăтра дисциплинăна çирĕплетнĕ, рабочисем валли тухăçлă ĕçлеме, ăсталăха ÿстерсе пыма паха майсем тунă.

Анчах «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан нумай вăрманпромхозсенче ĕçе тĕрĕс йĕркелемен, дисциплина çÿлти пусăмра тăмасть. Ăна пула вĕсем пуян техникăпа туллин усă курмаççĕ, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, государство заданийĕсене вăхăтра пурнăçласа пымаççĕ. Норма тăрăх трестăн кварталта кашни рабочи пуçне вăтам шутпа 53—54 кубометр йывăç хатĕрлемелле. 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта 42,5 кубометр, виççĕмĕш кварталта—38,4 кубометр çеç хатĕрленĕ. Норма тăрăх электропăчкăпа сменăра кашни рабочи пуçне вăтам шутпа тăватă кубометр йывăç касса хатĕрлемелле. Чăннипе 3,1 кубометр çеç хатĕрленĕ. Çавăн пекех шоферсем, трактористсем, лавçăсем т. ыт. те, пĕтĕмĕшпе илсен, ĕç нормине тултарса пыраймаççĕ. Пĕлтĕрхи 10 уйăхра 373 шофертан 145 шофер ĕç нормине тултарман. Ытти профессисем тăрăх ĕçлекенсем хушшинче те юлса пыракан рабочисем сахал мар. Пĕтĕмĕшпе илсен, кадрти кашни 100 рабочирен 46 çын ĕç нормине тултарса пыраймасть. Трестра тăватă пине яхăн рабочи ĕçлет. Кашни рабочи ĕç нормине тултарса пынă пулсан, трест Тăван çĕршыва çулталăкра халиччен хинчен çĕршер пин кубометр йывăç ытларах хатĕрлесе панă пулĕччĕ.

Нумай вăрманпромхоз руководителĕсен, рабочкомсен тата трестăн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсем малта пыракан вăрман пункчĕсемпе бригадăсен тата стахановецсен паха опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма, технологи процесне çĕнĕлле йĕркелеме тимлĕ тăрăшмаççĕ. Малта пыракан предприятисенче поток меслечĕпе усă кураççĕ, ĕçе комплекслă механизацилеççĕ, машинăсемпе механизмсене ик-виçшер смена ĕçлеттереççĕ. Ĕçе çĕнĕлле йĕркелемелли положени çинче: «Вăрман хатĕрлевĕнче производствăна организацилемелли тĕп форма вăл—ĕçе комплекслă механизациленĕ никĕс çине таянса тăракан поток меслечĕ пулать», тенĕ. Çакна нумай вăрманпромхозсен руководителĕсем пурнăçламаççĕ. Улатăрпа Кире вăрманпромхозĕсенче тăватшар, Алтышево вăрманпромхозĕнче икĕ потокла-комплексла линисем тунă пулсан, сакăр вăрманпромхозра çавăн пек линисем пачах йĕркелемен. Вăрманпромхозсенче, трестра поток çĕнĕ меслет пулни çинчен сахал мар калаçаççĕ. Апла пулин те ĕç улшăнмасть, нумай çĕрте çав-çавах кивĕлле ĕçлеççĕ.

Ĕçе тĕрĕс йĕркелесси мастертан нумай килет. Мастер—производство процесне тÿрремĕнех ертсе пыраканĕ тата организаторĕ. Вăл участокăн пĕтĕм ĕçĕшĕн ответлă. Мастерăн технологи дисциплинине, хăрушсăрлăх техникине çирĕппĕн сыхламалла, рабочисене ĕçе тĕрĕс вырнаçтармалла, механизмсене сехетри график тăрăх ĕçлеттермелле. Вăл профгруппоргпа пĕрле социализмлă ăмăртăва йĕркелесе ертсе пырать, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли çĕнĕрен те çĕнĕ майсем палăртать. Çакна чылай мастерсем пурнăçламаççĕ-ха. Хăшпĕр мастерсем рабочисене наряд-заданисем вăхăтра çырса памаççĕ, расценкăсемпе паллаштармаççĕ, теприсем—дисциплинăна çирĕплетме тăрăшмаççĕ.

Улатăр вăрманпромхозĕнче технологи карттисене тĕрĕс туса хатĕрлемен: задание пурнăçлама ĕç вăйĕ, оборудовани, горючи мĕн чухлĕ кирлине палăртман. Рабочисене наряд-заданисем çырса памаççĕ. Технологи процесне тĕрĕс йĕркелеменнипе ĕç тухăçлăхĕ улшăнса тăрать. Сăмахран, Горбунов юлташ ертсе пыракан бригада хăшпĕр уйăхсенче куллен кашни рабочи пуçне 7—8 кубометр ытла, тепĕр уйăхсенче 3,3—4-шар кубометр çеç йывăç касса хатĕрлет.

Коммунизм строительствинче социализмлă ăмăрту мĕнле пысăк вырăн йышăннине пурте пĕлеççĕ. Апла пулин те чылай хуçалăх руководителĕсемпе рабочкомсем социализмлă ăмăртăва конкретлă тата оперативнă ертсе пымаççĕ. Уйрăмах йышăннă обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пынине куллен тĕрĕслеменнине, малта пыракансен опытне япăх сарнине палăртас пулать. Чылай вăрманпромхозсенче рабочисене ВЦСПС-ăн VI-мĕш пленумĕ йышăннă решенисем тата Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртăвăн условийĕсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса паман. Ăмăртăва ертсе пырас ĕç çине çиелтен, бюрократла пăхнине çакăнтан та уççăн курма пулать. 1952 çулта Йĕпреç, Вăрнар, Пăрачкав, Первомайски тата Шăмăршă вăрманпромхоз директорĕсемпе рабочкомсем ăмăрту итогĕсем çинчен «Чăвашвăрман» треста тата профсоюз обкомне пĕр материал та тăратман. Асăннă вăрманпромхозсенчи хуçалăхпа профсоюз руководителĕсем малта пыракан çынсене нумайăшне пĕлмеççĕ, ăмăртура паха тĕслĕх кăтартакансене хавхалантармаççĕ.

Пĕлтĕрхи ноябрь уйăхĕнче 261 стахановец ĕç нормине 150 процент ытла ирттерсе тултарнă. Вĕсен паха опычĕпе тата меслечĕпе пур рабочисем те интересленеççĕ. Иртнĕ кĕркунне Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче М. Сысуйкин юлташăн опычĕпе тата Сурски ансăр чугун çул çинче поток меслечĕпе усă курни çинчен паллаштарма ятарласа канашлу ирттернĕччĕ. Çавăн пекех Улатăр вăрманпромхозĕнче те канашлу пулса иртрĕ. Унта Н. Вельдяев юлташăн опычĕпе паллашнă. Сысуйкинпа Вельдяев юлташсем хăйсен меслечĕ çинчен сăмахпа каласа панисĕр пуçне ĕçпе кăтартса ăнлантарчĕç. Икĕ канашлура икçĕре яхăн стахановец тата инженерсемпе техниксем пулчĕç. Вĕсем пурте канашлу пысăк усă панине, çавăн пек паха ĕçе малашне тăтăшах ирттерме кирлине палăртрĕç. Ун хыççăн Сысуйкинпа Вельдяев юлташсен опычĕпе усă куракансен хисепĕ чылай ÿсрĕ. Анчах трест çавăн пек канашлусем тек ирттермерĕ. Çавăншăн профсоюз обкомĕ те ответлă.

Малашне клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче, ĕç вырăнĕнче стахановецсемпе ытти рабочисен тĕлпулăвĕсене час-часах ирттермелле. Наукăпа техникăн, малта пыракан коллективсен çитĕнĕвĕсем çинчен лекцисемпе докладсем, производствăллă канашлусем, техникăллă ыйтусем тăрăх конференцисем ирттерни—çаксем вĕсем пурте рабочисен ăсталăхĕпе пуçарулăхне ÿстерме пулăшакан майсем пулаççĕ. Чи паха тĕслĕхсем кăтартакан стахановецсемпе рационализаторсен опычĕ çинчен плакатсемпе кĕнекесем пичетлесе кăларма вăхăт çитнĕ.

Вăрман промышленноçĕ çĕнĕрен те çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланать. Çавăнпа ăста рабочисем вĕрентсе хатĕрлесси, кадрсен пĕлĕвне ÿстерсе пырасси çине уйрăмах тимлĕ пăхни кирлĕ. Чылай вăрманпромхозсен директорĕсемпе главнăй инженерĕсем кадрсем вĕрентсе хатĕрлессине кирлĕ пек хакламаççĕ.

— Плана тултармалла, вĕренессе пушăрах вăхăтра вĕренĕпĕр,—теççĕ хăшпĕр руководительсем. Уйрăм технорукемпе мастерсем çĕнĕ кĕнекесемпе журналсем вуламаççĕ, наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе интересленмеççĕ. Вăрманпромхозсенче стахановла шкулсем сахал. Техника ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем, докладсем, конференцисем сайра-хутра çеç ирттереççĕ. Трестра ĕçлекен инженерсемпе техниксем вăрманпромхозсенче пулмаççĕ теме çук. Анчах вĕсем хăйсен нумай вăхăтне кантурта тата руководительсемпе калаçса ирттереççĕ, рабочисем патĕнче сахал пулаççĕ, лекцисем, докладсем туса памаççĕ.

1951 çулта вăрман промышленноçĕнче ĕç укçи çĕнĕ йĕрке тăрăх тÿлеме тытăнчĕç. Ĕç укçи тĕрĕс тÿлени рабочисене тухăçлă ĕçлеме хавхалантарнине пурте пĕлеççĕ. Апла пулин те расценкăсене пăсни, ĕç укçи вăхăтра тÿлеменни халĕ те сахал мар. Уйрăмах колхозниксене ĕç укçи тÿлессине кирлĕ пек йĕркелемеснине палăртас пулать. Вăрманпромхозсен директорĕсен, рабочкомсен тата «Чăвашвăрман» трестăн асăннă çитменлĕхсене пĕтермелле.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Парти, хуçалăх тата профсоюз организацийĕсем умĕнче ĕç тухăçлăхне ÿстерме чарса тăракан сăлтавсене хăвăртрах пĕтерес, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те, кашни предприятире, производствăн кашни участокĕнче ĕç тухăçлăхне ÿстермелли заданисене тултармалла тата ирттерсе тултармалла тăвас задача тăрать. Хамăрăн пуян техникăпа усă курас ĕçри çитменлĕхсене татăклăн пĕтерсе пымалла, производство процесĕсене комплекслă майпа механизацилес тата автоматизацилес ĕçе çине тăрсах пурнăçа кĕртсе пымалла, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче анлăн усă курмалла, ĕçпе производствăна организацилемелли формăсемпе меслетсене пĕрмаях лайăхлатса пымалла, ĕç вăйĕпе усă курассине лайăхлатмалла».

Съезд решенийĕсене пурнăçласа, вăрманпромхозсен ĕçне тĕпрен çĕнетсе лайăхлатар.

**П. ИЛЬИН,**
**Чăваш республикинчи вăрман тата сулă работникĕсен профсоюз обкомĕн председателĕ.**



Венгри Халăх Республики. Будапешт хулинче культурăпа сутĕç работникĕсем вĕрентсе хатĕрлекен гимнази пур. Гимнази культура çуртĕсем тата сутĕç пайĕсем валли работниксем хатĕрлет. Гимназире, пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан предметсене вĕрентнисĕр пуçне, библиотека ĕçне, кинематографипе театр искусствин никĕсĕсене, юрлама, музыка калама вĕрентеççĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: гимназире вĕренекен Ева Федор тата Жужа Владар кино кăтартнă чухне усă курмалли фонарь çинчен вĕренеççĕ.

(ТАСС фотохроники).

## В. И. Ленин произведенийĕсене Болгарире пичетлесе кăларни

СОФИЯ, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Халăх влаçĕн çулĕсенче Болгарире В. И. Ленин произведенийĕсене пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă. 1944 çулта В. И. Ленинăн 5 произведенийĕ пичетленсе тухнă. Кĕнекесен пĕтĕм тиражĕ 132 пин экземпляр пулнă. 1945 çулта 9 произведение пичетлесе кăларнă, вĕсен тиражĕ—240 пин экземпляр. 1949 çулта 13 произведени—231 пин экземпляр пичетленсе тухнă. Çав çулах «Суйласа илнĕ произведенисем» пысăк тиражпа пичетленсе тухнă. 1951 çулта В. И. Ленин Сочиненийĕсен вырăсла тухнă тăваттăмĕш изданине куçарса пичетлесе кăларма тытăннă. 16 том пичетленсе тухнă ĕнтĕ. Вĕсен тиражĕ—320 пин экземпляр.

Болгарири Коммунистсен партийĕн издательстви В. И. Ленинăн суйласа илнĕ произведенисен 9 томлă пуххине иккĕмĕш хут пичетлесе кăларма хатĕрленĕ. Унта ĕçсынписен аслă çулпуçĕн тĕп произведенийĕсене кĕртнĕ.

## Вырăс çарĕсем Пловдив хулине ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă

СОФИЯ, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Пловдив хулинче хулари ĕçсынписен чаплă пухăвĕ пулнă. Ăна вырăс çарĕсем хулана Турци пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă ятпа ирттернĕ. Пухура Пловдив хулинчи халăх совечĕн председателĕн заместителĕ Иван Пенчев доклад тунă. Хăйĕн докладĕнче вăл Болгари халăхĕ тăванла вырăс халăхне тата Совет Союзне чĕререн юратса тав тунине палăртнă.

Пуху участникĕсем Иосиф Виссарионович Сталинпа Вылко Червенков патне саламлă телеграммăсем яма йышăннă.

## Совет Çарĕ Варшавăна ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă

### Варшаври савăнăçлă лару

ВАРШАВА, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Польша столицинчи ĕçсынписем Совет Çарĕ Варшавăна гитлерла оккупантсенчен ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнине савăнăçлăн паллă турĕ.

Паян кăнтăрла фабрикăсемпе заводсенчи рабочисен, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн районсенчи комитечĕсен тата ытти партисен делегацийĕсем, çавăн пекех Польша çарĕн, учрежденисен, обществăллă организацисемпе вĕренекен çамрăксен нумай делегацийĕсем масар çине—Польшăна ирĕке кăларасшăн çапăçса вилнĕ совет воинĕсене пытарнă мавзолей çине чечек çыххисем хунă.

Каçхине Варшаври чи пысăк спорт залĕнче столицăри ĕçсынписен савăнăçлă пухăвĕ пулнă. Ăна Совет Çарĕ Варшавăна ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă ятпа ирттернĕ.

Пухура пулнисем, тăвăллăн алă çупса, халăхсен çулпуçĕпе учителĕ И. В. Сталин патне, Польша халăхĕн руководителĕ Болеслав Берут патне тата Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ, наци оборонин министрĕ, Польша Маршалĕ К. Рокоссовский патне саламлă телеграммăсем яма йышăннă.

## Китайри ĕçсынписем Центральнăй халăх правительство совечĕн решенине ырлаççĕ

ПЕКИН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Центральнăй халăх правительство совечĕ пурне те тивĕç суйлавсем тăрăх 1953 çулта халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене пухасси çинчен йышăннă решение Китайри ĕçсынписем хĕрӳллĕн ырлаççĕ. «Женьминьжибао» хаçат паян çапла пĕлтерет: Пекин, Тяньцзинь, Мукден, Ухань, Сиань тата ытти хуласенчи предприятисенче пулса иртнĕ митингсенче рабочисемпе служащисем пĕр кăмăллă пулса çак решение ырлаççĕ.

Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайри профсоюзсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Ду Янь-цин Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайри мĕнпур рабочисемпе служащисене халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвĕ ячĕпе производствăллă ăмăртăва анлăн сарса яма, государство заданийĕсене тултарма тата ирттерсе тултарма чĕнсе каланă.

«Женьминьжибао» хаçат Гоминданăн Революциллĕ комитечĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ Мао Цзе-дун патне янă телеграммăна пичетлет. Вăл телеграммăра Центральнăй халăх правительство совечĕн решенине ырланă.

## Демократиллĕ Германи Республикинчи хресченсен пулăшу комитечĕсен Пĕрлешĕвĕн Центральнăй правленийĕнче

БЕРЛИН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Берлинра хресченсен пулăшу комитечĕсен Пĕрлешĕвĕн Центральнăй правленийĕн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура ялхуçалăх кооперативĕсен председателĕсен пĕрремĕш конференцийĕн результачĕсене, çавăн пекех хресченсен 1953 çулхи февралĕн 26—28-мĕшĕсенче Лейпциг хулинче пухăнмалли конгресне хатĕрленессипе çыхăннă ыйтусене тата Демократиллĕ Германи Республикинче 1953 çулта çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене туса ирттересси çинчен сӳтсе явнă.

Хресченсен пулăшу комитечĕсен Пĕрлешĕвĕн Центральнăй правленийĕ çĕр реформи ирттернĕ хыççăн Пĕрлешӳ аллинче пулнă машинăсене, мастерскойсене, суртсемпе çĕр участокĕсене ялхуçалăх кооперативĕсен аллине парасси çинчен решени йышăннă.

## Нимĕç физиологĕсен конференцийĕ хупăннă

БЕРЛИН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Нимĕç физиологĕсен вырăссен аслă физиологĕ И. П. Павлов вĕрентĕвĕ ячĕпе ирттернĕ конференцийĕ ĕнер хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Конференцин иккĕмĕш кунĕнче Совет Союзĕн ученăйĕ Воронин профессор тунă доклада конференцие пуханисем пысăк тимлĕхпе итленĕ. Ĕнерхи ларура çавăн пекех Совет Союзĕнчи психиатор Снежневский профессор тунă доклада вуласа панă. [illegible]

Конференцире дискусси пулнă. [illegible] Демократи çĕршывĕсенчи ученăйсем тухса каланă.

Юлашки ларура конференци участникĕсем пĕр кăмăллă пулса резолюци йышăннă. Резолюцире Павлов вĕрентĕвĕ медицинăпа ытти наукăсенче питĕ паллă вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

Резолюцире çакна палăртнă: Демократиллĕ Германи Республикинчи медицина работникĕсем Павлов вĕрентĕвне [illegible]

## В. И. Ленина хисеплесе асăнаççĕ

### ВЕНГРИ

БУДАПЕШТ, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Венгри халăхĕ ĕçсынписен аслă çулпуçĕпе учительне Владимир Ильич Ленина чун-чĕререн хисеплесе тата юратса асăнать.

В. И. Ленин произведенийĕсене венгерла халиччен пулман пысăк тиражпа пичетлесе кăлараççĕ. Çĕршыва ирĕке кăларнăранпа В. И. Ленин произведенийĕсене 2.170.100 экземпляр пичетлесе кăларнă.

Пĕтĕм Венгрире Ленин кунĕсене паллă тума хатĕрленеççĕ. Январĕн 21-мĕшĕнче Будапештри опера театрĕнче Венгрири ĕçсынписен партийĕн Центральнăй Комитечĕн, Венгрири Министрсен Совечĕн, Венгрири ĕçсынписен партийĕн Будапешт хула комитечĕн тата хула Совечĕн пĕрлехи хурлăхлă-чаплă ларăвĕ пулать. Венгрири ĕçсынписен партийĕн вырăнти организацийĕсем Венгрипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществин организацийĕсемпе пĕрле, Владимир Ильич Ленина асăнса, çĕршыври предприятисенче, хуласемпе ялсенче хурлăхлă-чаплă ларусем тата пухусем ирттереççĕ.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Корея халăхĕ Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тума хатĕрленет. Çĕршыври мĕнпур предприятисенче, Халăх çарĕн чаçĕсенче, учрежденисемпе шкулсенче çак куна паллă тума хатĕрленеççĕ. Корейăн Совет Союзĕпе культурăллă çыхăну тытакан обществин организацийĕсем пысăк ĕç туса ирттереççĕ. Корейăн Совет Союзĕпе культурăллă çыхăну тытакан обществин республикăри ялсенче ĕçлекен кинопередвижкисем «Ленин в Октябре», «Ленин в 1918 году», «Клятва» кинофильмсене кăтартаççĕ. Общество уйрăмĕсем учрежденисемпе предприятисенче, ялти клубсенче тата шкулсенче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе тата революциллĕ ĕçĕсемпе паллаштаракан фотовыставкăсем организациленĕ. Çак выставкăсенче нумайăшĕсенче опытлă экскурсоводсем, лекторсемпе агитаторсем ăнлантарса параççĕ. Пхеньянри радио Ленин кунĕсене асăнса ятарласа передачăсем парассине организациленĕ.

Корейăн Совет Союзĕпе культурăллă çыхăну тытакан обществин Пхеньян хулинчи комитечĕ Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен лекцисемпе каласусем ирттерессине йĕркеленĕ. «Ленинпа Сталин—аслă Совет государствине тăвакансем» темăпа тата ытти темăсем тăрăх лекцисем ирттернĕ. Вăл лекцисене Пхеньянри ĕçсынписем 2 пин çын ытла итленĕ. Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи провинцисемпе уезд центрĕсенче, мĕнпур хуласемпе ялсенче тата пулăçсен поселокĕсенче Ленин кунĕсене хатĕрленеççĕ.

### МОНГОЛИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ

УЛАН-БАТОР, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи Халăх Республикинчи мĕнпур предприятисенче, учрежденисенче, государство хуçалăхĕсенче, аратсен производство пĕрлешĕвĕсенче, шкулсемпе çар чаçĕсенче Ленин кунĕсене хатĕрленеççĕ. Монголин Революциллĕ Халăх партийĕн Улан-Батор хулинчи комитечĕ столицăра Ленин кунĕсене ирттерме план тунă. Ку план тăрăх хула комитетĕнчи лекторсен ушкăнĕн членĕсем предприятисенче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен лекцисем ирттереççĕ. Фабрикăсемпе заводсенчи парти ячейкисенчи агитаторсем те рабочисем хушшинче Ленин çинчен докладсемпе каласусем ирттереççĕ.

Хуласемпе ялсенче В. И. Ленинăн гениллĕ произведенийĕсем тăрăх теориллĕ конференцисем ирттереççĕ, лекцисемпе докладсем туса параççĕ. Монголин Совет Союзĕпе культурăллă çыхăну тытакан обществи В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартса паракан выставкăсем йĕркелет.

Республикăри хуласемпе ялсенче Ленин кунĕсенче хурлăхлă-чаплă ларусемпе пухусем пулса иртеççĕ.

### АВСТРИ

ВЕНА, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Австрири прогрессивлă общественность пĕтĕм тĕнчери ĕçсынписен çулпуçне, тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государствăна туса хуракан çынна В. И. Ленин ятне хисеплесе асăнать. Владимир Ильича асăнса ĕнер Вена хулинче пуху ирттернĕ. Пухура Австрири Коммунистсен партийĕн председателĕ Иоганн Коплениг, генеральнăй секретарь Фридль Фюрнберг, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕсем, общественноçăн паллă представителĕсем пулнă.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕ Франц Марек В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен доклад туса панă, Ленин идейисем тата Ленин ĕçĕ, тенĕ вăл, коммунизм патне пымалли çула палăртса хунă. Халĕ Ленин ĕçне пĕтĕм тĕнчери ĕçсынписен аслă çулпуçĕпе учителĕ Сталин юлташ малалла туса пырать.

Докладчик совет халăхĕн коммунизм строительствинчи çитĕнĕвĕсем çинчен, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн пĕлтерĕшĕ çинчен тата Сталин юлташ съездра тухса каланă сăмах çинчен чарăнса тăнă. Пухăва пынисем аслă Сталина хисеплесе нумайччен тăвăллăн алă çупнă.

Ленина хисеплесе асăнса Венăри предприятисенче те пухусем ирттереççĕ.

Çĕршыври кинотеатрсенче В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн пурнăçĕпе ĕçĕсене, совет халăхĕ миршĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешнине кăтартса паракан совет фильмĕсене кăтартаççĕ.

## Индири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ

ПЕКИН, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: Индири Коммунистсен партийĕн руководителĕсем хаçатра пичетлесе кăларма панă коммюнике тăрăх, декабрĕн 31-мĕшĕнчен пуçласа январĕн 10-мĕшĕччен Калькутта хулинче Индири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн анлă пленумĕ пулса иртнĕ. Пленумра 79 çын—Центральнăй Комитет членĕсем тата Индири мĕнпур штатсенчен пынă делегатсем пулнă.

Пленум çакăн пек ыйтусем сӳтсе явнă: юлашки уйăхсем хушшинчи политикăллă лару-тăру тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн пĕлтерĕшĕ.

Пленумра Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çине уйрăммăнах тимлĕ пăхнă.

Пленум çакна кăтартса панă: Инди халăхĕн тĕп задачи миршĕн кĕрешесси тата империализмла лагерьти авантюрăсем майлă тăракансенчен хăтăласси пулать.

Пленум наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатмалли çинчен тата Индире ӳссе пыракан экономика кризисĕпе кĕрешесси çинчен сӳтсе явнă.

Индири Коммунистсен партийĕ мĕнпур демократиллĕ партисенчен, организацисенчен, ушкăнсемпе уйрăм çынсенчен тăракан Пĕрлешӳллĕ фронт тăвассишĕн çине тăрса кĕрешмелли çинчен решени йышăнни нумай пулать ĕнтĕ. Ку решени пысăк вырăн йышăнса тăнине пленум тепĕр хут палăртнă, тĕрлĕ штатсенче суйлавсем пулнă хыççăн Пĕрлешӳллĕ фронт туса ирттернĕ ĕçсен итогĕсене пăхса тухнă.

Парти ĕçĕнчи ситменлĕхсене сӳтсе явнă хыççăн пленум Индири Коммунистсен партийĕн организациллĕ структурипе пĕрлĕхне малалла çирĕплетсе пырас тĕлĕшпе конкретлă решенисем йышăннă.

Пленум 1953 çулхи сентябрь уйăхĕнче Индири Коммунистсен партийĕн черетлĕ съездне пухасси çинчен, съезд уçăличчен висĕ уйăх маларах мĕнпур штатсенче парти конференцийĕсене ирттересси çинчен постановлени йышăннă.

### СОВЕТ КĔНЕКИСЕМПЕ ЖУРНАЛĔСЕНЕ ДЕЛИ УНИВЕРСИТЕТНЕ ПАНИ

ДЕЛИ, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Индири информаци бюровĕ çапла пĕлтерет:

Январĕн 16-мĕшĕнче Совет Союзĕн Индири посольстви ячĕпе Делири университета вырăссен наука, культура, экономикăпа литература енĕпе кăларнă 500 кĕнекепе журналне халаласа панă.

Совет Союзĕн Индири посолĕ Новиков кун пирки çапла каланă: Дели университетне кĕнекесемпе журналсем пани Индипе Россия хушшинчи туслăхăн символĕ пулса тăрать.

Дели университечĕн вице-президенчĕ Сен доктор çакна палăртнă: ку кĕнекесем икĕ çĕршыв хушшинчи туслăха пĕтерессĕ. Вăл туслăх икĕ çĕршыв хушшинче пур, малашне те пулĕ. Инди, тенĕ малалла Сен, Россия экономикăпа про[illegible]

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ январĕн 17-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсен разведка тăвакан пысăк мар отрячĕсемпе çапăçнă. Паллă улшăнусемех пулман.

Ĕнер çĕрле Американ бомбардировщикĕсем Йон'у тата Сончхонь районĕсем çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем çук пулин те, ним йĕркесĕр тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Ватă çынсем, хĕрарăмсемпе ачасем нумай вилнĕ. Пурăнмалли çуртсене нумай аркатнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Январĕн 17-мĕшĕнче çĕрле Америка самолечĕсем Пхеньянри халăх пурăнакан районсем çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем çук пулин те, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

### АМЕРИКĂН СЫВЛĂШРИ ВĂРĂ-ХУРАХĔСЕН ТИСКЕР ĔÇĔСЕМ

ПХЕНЬЯН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма чарăнмасть. Паян çĕрле Америка бомбардировщикĕсем Пхеньянăн хĕвелтухăç пайĕ çине каллех пырса тапăннă. Январĕн 1-мĕшĕнченпе кăна, сывлăшран тискеррĕн пырса тапăннипе пула, хулан çак пайĕнче пурăнмалли çурт-йĕрсене тата землянкăсене çĕршер аркатнă, 500 çынна яхăн вĕлернĕ тата амантнă, пиншер ачасемпе хĕрарăмсем çурт-йĕрсĕр тăрса юлнă.

Америка авиацийĕ Тяган провинцийĕнчи районсем çине, çавăн пекех Аньчжу, Сукчхонь, Яндок тата ытти хуласем çывăхĕнчи ялсем çине те тискеррĕн пыра-пыра тапăнать.

## Америка салтакĕсем çартан тараççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Луисвилрен (Кентукки штачĕ) пĕлтернĕ тăрăх, вырăнта тухса тăракан «Курьер-джорнэл» хаçат çапла çырать: çар командованийĕ çĕнĕ приказ кăларнă. Вăл приказа тарса е «ирĕк паракан свидетельствăсăр никамран ыйтмасăрах тухса кайса» çапăçури çартан пăрăнса юлассине пĕтерес тĕллевпе кăларнă. Çĕнĕ приказра çакна палăртнă: тарнă е чикĕ леш енне çапăçури çара тухса каймалли вăхăтра никамран ыйтмасăр тухса кайнă салтаксене ĕлĕкхи пек çар «тĕрмисене» хупмаççĕ, чикĕ леш енне, çапăçури çара яраççĕ.

«Курьер-джорнэл» хаçат çапла пĕлтерет: Форт-Мидри (Мэриленд штачĕ) информаци службин офицерĕ Фрай полковник кун пек приказа нумаях пулмасть чăннипех те йышăнни çинчен çирĕплетсе каланă. Ку приказ çакна пĕлтерет: малашне çартан таракансем хăйсене çар сучĕн приговорĕ тăрăх тĕрмене хупни вĕсене çапăçусене хутшăнассинчен хăтарса хăварĕ тесе шанса тăма пултараймаççĕ.

Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Пентагон представителĕ çапла каланă: çĕнĕ приказа Америка çарĕн штаб начальникĕн помощникĕ генерал-лейтенант Маколиф заявлени тунă хыççăн йышăннă. Маколиф çакна йышăннă: Корейăри вăрçă пуçланнăранпа çартан таракансем питĕ нумай.

## Египетри лару-тăру

### Египет правительстви политикăллă мĕнпур партисене салатса ярасси çинчен решени йышăннă

КАИР, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Январĕн 16-мĕшĕнче çĕрле Каирти радио Египетăн хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕн тата Египет премьер-министрĕн Нагиб генералăн декларацине пĕлтернĕ.

Çак декларацире Нагиб генерал «паянтан пуçласа политикăллă мĕнпур партисене салатса ярасси тата вĕсен пурлăхне конфискацилесси çинчен» пĕлтернĕ.

Декларацире çапла каланă: партисене висĕ çул хушши ĕçлеме чараççĕ. Çак висĕ çул «кусмалли тапхăр» пулса тăрать.

Сакăнпа пĕрлех Египетăн хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандованийĕ пĕлтерни пичетлесе кăларнă. Унта «шанчăксăр» ĕç тăвакан 25 офицера арестлени çинчен» пĕлтернĕ.

КАИР, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Иджипшн газетт» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Египетăн министрсен совечĕ январĕн 17-мĕшĕнче пулнă чрезвычайнăй ларура политикăллă мĕнпур партисене ĕçлеме тата çĕнĕ партисем тума чаракан закона çирĕплетнĕ.

Çавăн пекех Нагиб генерала панă чрезвычайнăй полномочисене тăсасси çинчен тепĕр закон йышăннă. Çак закон тăрăх генерал Нагиб 1953 çулхи июлĕн 23-мĕшĕччен йышăннă е унччен йышăнакан мĕнпур мерăсене верховнăй власть ячĕпе йышăннă законсем вырăнне шутлаççĕ.

КАИР, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Аль-Ахрам» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 17-мĕшĕнчи каçхине Египетри полици политикăллă партисене салатса ярасси тата вĕсен пурлăхĕсене конфискацилесси çинчен йышăннă закона пурнăçа кĕртме тытăннă. Хаçат кăтартса панă тăрăх, политикăллă мĕнпур клубсене полици хуралласа тăрать.

## Çĕнĕ кĕнекесем

Чăваш АССР государство издательстви колхозсенчи агрозоотехника курсĕсенче вĕренекенсем валли çакăн пек çĕнĕ учебниксем пичетлесе кăларчĕ:

«Вылăх апачĕсем анса тăвасси». Коллектив çырнă. Кĕнекене чăвашла З. Семенов, Г. Молостовкин тата М. Юрьев куçарнă. Кĕнекере 211 стр. Тиражĕ 3.000 экз., хакĕ 2 т. 90 пус.

«Сурăх ĕрчетесси». Коллектив çырнă. Ялхуçалăх наукисен докторĕ А. В. Васильевпа ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Г. Р. Левченко редакциленĕ. Кĕнекере 246 стр. Тиражĕ 3.000 экз., хакĕ 3 т. 45 пус.

«Сысна ĕрчетесси». Коллектив çырнă. Вырăсларан А. Митрофанова куçарнă. Кĕнекере 235 стр., хакĕ 3 т. 40 пус.

## Автотранспорт вăйланать

Чăваш республикинчи автоуправлени Шупашкарти, Канашри, Улатăрти тата Çĕмĕрлери кантурĕсем 1953 çулта груз турттармалли машинăсем 100, пассажирсем илсе çӳремелли автобуссем 10 тата çăмăл автомобильсем чылай илсе килме палăртнă.

Кăçал Шупашкар хулинчи автотранспорт кантурĕн груз турттармалли 40 машина, автобуссем 24, таксомоторсем 24 пулмалла. Пассажирсен ыйтăвĕсене лайăххăн тивĕçтерес тесе Шупашкарта автопавильон тума палăртнă. Ăна тума 60 пин тенкĕ укçа уйăрнă.

Иртнĕ çулта Çĕмĕрлепе Етĕрне тата Пăрачкав хушшинчи çулсем тăрăх 2 автобус çӳренĕ пулсан, кăçал 4 автобус çӳремелле. Канашри тата Улатăрти автотранспорт кантурĕсен те автомашинăсен хисепĕ нумай ӳсет. Улатăрта таксомоторсем ĕçлеме тытăнаççĕ.

Республикăри автоуправлени çуллахи вăхăтра Канашпа Елчĕк, Канашпа Шăмăршă хушшинче автобуссем çӳретмелле тума палăртнă.

Автомашинăсен хисепĕ ӳснĕ май, грузсем тата пассажирсем турттарасси те нумай ӳсет. Иртнĕ çулта 215 пин тонна тĕрлĕ грузсем турттарнă пулсан, кăçал 260 пин тонна ытларах груз турттарма тата 5 миллион та 700 пин пассажир лартса çӳреме палăртнă.

## Шупашкарти стадионсенче

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Спартак» тата «Молния» спорт обществисен стадионĕсенче кăнтăрла та, каçхине те çамрăксем нумай пулчĕç. Фабрикăсемпе заводсенче, учрежденисенче ĕçлекен физкультурниксемпе физкультурницăсем тата вĕренекен çамрăксем конькипе ярăнса канмалли куна савăнăçлă ирттерчĕç.

Кăнтăрла хоккей вăййипе хулара мала тухмалли ăмăрту пычĕ. «Спартак» обществи стадионĕнче «Наука» тата «Искра» спорт обществисен хоккей командисем тĕл пулса вылярĕç. Икĕ çамрăк команда хушшинчи ăмăрту 10:1 шутпа, «Искра» спорт обществи хоккеисчĕсем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

«Молния» спорт обществи стадионĕнче ирхине ялсенчи çамрăксен конькипе ярăнмалли ăмăртăвĕ пычĕ. Унтан «Спартак» спорт обществи хоккеисчĕсем Чапаевски поселок командипе тĕл пулса вылярĕç. Спартаковецсем, 5:1 шутпа выляса илсе, тепĕр çĕнтерӳ турĕç.

Хула чемпионĕн ятне илме шанăç пур тепĕр команда—«Динамо» спорт обществин хоккей команди «Пищевик» спорт обществи командине çĕнтерчĕ.

Каçхине икĕ стадионĕнче те электричество ламписем çутăлчĕç. Унта конькипе ярăнакан çамрăксем нумай пулчĕç.

### ЗАОЧНО ВĔРЕНЕÇÇĔ

КАНАШ. Райпотребсоюзра ĕçлекен работниксем хăйсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе заочно вĕренеççĕ. Правлени председателĕ П. Иванов юлташ аслă шкултан вĕренсе тухнă, халĕ марксизм-ленинизмăн каçхи университетĕнче вĕренет. Е. Михайловăпа Ф. Павлов юлташсем Пĕтĕм Союзри заочнăй вĕренмелли кооператив техникумĕн 4-мĕш курсĕнче, А. Мурзуковăпа Е. Зенеделева бухгалтерсем асăннă техникумăн 3-мĕш курсĕнче заочно вĕренеççĕ. Вĕренӳ программине вĕсем пурте вăхăтра пурнăçласа пыраççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

## Пĕлтерни

Январĕн 20-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче медицина работникĕсемпе биолог-учительсем валли лекци пулать. Тема: «О. Б. Лепешинская ĕçĕсем тата вĕсен биологи наукинчи пĕлтерĕшĕ».

Лектор—СССР Медицина наукисен академийĕн экспериментальнăй биологи институчĕн сотрудникĕ Л. А. Калиниченко юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответ. секретарь—4-20, секретариат—5-26, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—5-99, ялхуçалăх пайĕ—5-67, культура пайĕ—5-61, совет строительстви пайĕ—5-61, çырусен пайĕ 7-52, издательство кантурĕ—6-23.

НГ 00923 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.